ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Январь
18
юнкун
№ 13 (9692)

Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

**СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисем çаксем пулаççĕ: йывăр промышленноçа пуринчен ытларах аталантарнă, техникăна пĕрмаях малалла аталантарса пынă тата ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пынă никĕс çинче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн малалла аталантармалла, ялхуçалăх производствине хăвăрт вăйлатмалла, çавна май совет халăхĕн материальнăй пурнăçне чылай лайăхлатмалла тата культурине чылай ÿстермелле.**

*КПСС ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ ХАТĔРЛЕНĔ ПРОЕКТ*

# ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш СЪЕЗЧĔ ПАРАКАН ДИРЕКТИВĂСЕМ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ партин XIX-мĕш съезчĕ СССР халăх хуçалăхне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе çирĕплетнĕ заданисене йăнăçлă пурнăçланине палăртать.

Иртнĕ пилĕкçуллăхра СССР промышленность продукцийĕ 85 процент ÿснĕ, çав вăхăтрах производство хатĕрĕсем туса кăларакан производство 91 процент ÿснĕ, машиностроенин тата металран япаласем тăвакан производствăн пĕтĕм продукцийĕ 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, 2,2 хут ÿснĕ. 1955 çулта промышленность продукцийĕ 1940 çулхинчен 3,2 хут нумайрах туса кăларнă. Йывăр промышленноçăн чи кирлĕ продукцине—хурçă, прокат, çĕр кăмрăкĕ, нефть, электроэнерги, цемент, алюмини, автомобильсем, тракторсем тата ытти нумай йышши продукци туса кăларас тĕлĕшпе пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене ирттерсе пурнăçланă.

Партипе Правительство тĕштырăпа выльăх-чĕрлĕх продукчĕсен производствине ÿстерме пысăк ĕçсем туса ирттернĕ, çавна май социализмла ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатма условисем туса хунă. Халиччен сухаламан тата нумай вăхăт сухаламасăр выртнă çĕрсене сухаласа акнипе 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, тĕштырă культурисем акнă çĕр лаптăкĕ 24 миллион гектара яхăн хушăннă. Ялхуçалăхĕн тĕп культурисем пĕтĕмпе пухса кĕртесси тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илесси ÿснĕ.

Йывăр индустри йĕнăçлăн аталанса пыни тата ялхуçалăх продукцийĕ ÿсни пилĕкçуллăхра халăха кирлĕ япаласем туса кăларассине 76 процент ÿстерме май панĕç, ку вăл вăрçă умĕнхи шайпа танлаштарсан 2 хут ытларах ÿснине пĕлтерет. Транспорт енĕпе пилĕкçуллăх заданийĕсене иртерсе пурнăçланă. Техника пĕрмаях лайăхланса пынă, производствăна организацилессине лайăхлатнă тата социализмла ăмăрту сарăлса пынă никĕс çинче промышленноçра, ялхуçалăхĕнче тата транспортра ĕç тухăçлăхĕ ÿснĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх çулĕсенче СССР наци тупăшĕ 68 процент ÿснĕ, рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи 39 процент, колхозниксен реальнăй тупăшĕсем—50 процент ÿснĕ. Вакккăн сутакан тавар çаврăнăшĕ тĕлĕшпе пилĕкçуллăх заданийĕсене иртерсе пурнăçланă. Совет наукипе культури йĕнăçлă аталанса пынă.

Кунпа пĕрлех КПСС XX-мĕш съезчĕ хуçалăхла ĕçсенче хăшпĕр енĕпе чылай пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртать. Промышленноçăн хăшпĕр отраслĕсен аталанăвĕ халăх хуçалăхĕн ÿссе пыракан ыйтăвĕсенчен юлса пырать. Ялхуçалăх продукцийĕ туса кăларас тĕлĕшпе пилĕк çуллăх план заданийĕсене пурнăçласа çитермен, ку вăл çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕн отраслĕсене, халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине аталантарма чăрмантарса тăнă.

Производствăн чылай отраслĕсенче кучухнехи наукăпа техникăн çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнĕвĕсене ĕçе кĕртес тата вĕсемпе усă курас тĕлĕшпе кая юлни пур; промышленноçра, ялхуçалăхĕнче, транспортра тата строительствăра халĕ те механизаци тата автоматизаци шайĕ çителĕксĕр.

Промышленноçра тата строительствăра ĕç тухăçлăхне ÿстермелли задание пурнăçласа çитермен, продукцин кашни единицине тума çаплах ĕç вăйĕ нумай каять.

Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçланă май çĕршывăн экономикăлла хăвачĕ ÿсрĕ, хуçалăхăн социализмла системи тата ытларах çирĕпленчĕ, совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕ лайăхланчĕ, культури ÿсрĕ, ССР Союзĕнe халăх демократи çĕршывĕсем хушшинчи хуçалăхла çыхăнусем вăйланчĕç, Совет Союзĕн тата пĕтĕм социализмла лагерĕн тĕнчери лару-тăрăвĕ тĕреклĕнчĕ.

Совет Союзĕн халĕ хăватлă тата пур енĕпе те аталаннă социализмла производство, нихçанхинчен те пысăкрах материальнăй ресурссем, çавăн пекех тата квалификациллĕ кадрсем пур.

Обществăлла производствăна аталантарса хальхи шая çитерни Совет государствине пĕтĕм халăх хуçалăхĕн никĕсĕ пулнă тата халĕ те унăн никĕсĕ пулса тăракан производство хатĕрĕсем туса кăларассине кăна мар, халăха куллен кирлĕ япаласем туса кăларассине те хăвăрт аталантарса пыма, общество пуянлăхне чылай ÿстерме, çапла вара хамăр çĕршывра коммунизмла общество тăвас çулпа тата ытларах малалла кайма май парать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ çапла шутлать: халĕ ĕнтĕ Совет çĕршывĕн мирлĕ экономикăлла ăмăрту çулĕпе пырса историри чи кĕске срокcенче ССР Союзĕн экономикăлла тĕп задачине пурнăçлама—çĕршывра пурăнакан кашни çын пуçне продукци туса кăларас тĕлĕшпе ытларах аталаннă капитализмла çĕршывсене хуса çитсе иртсе кайма кирлĕ условисем пурте пур.

**СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисем çаксем пулаççĕ: йывăр промышленноçа пуринчен ытларах аталантарнă, техникăна пĕрмаях малалла аталантарса пынă тата ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пынă никĕс çинче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн малалла аталантармалла, ялхуçалăх производствине хăвăрт вăйлатмалла, çавна май совет халăхĕн материальнăй пурнăçне чылай лайăхлатмалла тата культурине чылай ÿстермелле.**

Улттăмĕш пилĕкçуллăх Совет çĕршывĕн производительнăй вăйĕсене малалла хăватлăн аталантармалли, халăх хуçалăхне производство техники тĕлĕшĕнчен çÿлĕрех шая куçармалли пилĕкçуллăх, пахалăх показателĕсене пур енĕпе те чылай ÿстермелле тата хуçалăх ертсе пырассине лайăхлатмалли пилĕкçуллăх пулса тăмалла.

Партипе совет халăхĕ умĕнче тăракан тĕп задачăсене асра тытса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе çакăн пек директивăсем парать:

## I. Промышленность енĕпе

1. Пилĕк çул хушшинче промышленность продукцине 65 процента яхăн ÿстермелле.

Хура тата тĕслĕ металлургие, нефть, çĕр кăмрăкĕ тата хими промышленноçне малалла аталантарассине, электростанцисем тăвас ĕç хăвăртлăхне ыттисенчен иртерсе пырассине, машиностроение, уйрăмах техника тĕлĕшĕнчен лайăхлатса çитернĕ станоксем, тимĕрçĕ-пресс машинисем, автоматика хатĕрĕсем тата приборсем туса кăларас ĕçе хăвăрт ÿстерессине улттăмĕш пилĕкçуллăхăн промышленность енĕпе пурнăçламалли пĕрремĕш черетри задачисем пулса тăраççĕ тесе шутламалла. Производство хатĕрĕсем («А» группа) туса кăларассине пилĕк çул хушшинче 70 процента яхăн ÿстермелле.

Халăх валли таварсем туса кăларакан промышленноçа малалла чылай аталантармалла. Халăха кирлĕ япаласем («Б» группа) туса кăларассине пилĕк çул хушшинче 60 процента яхăн ÿстермелле.

2. Промышленноçăн чи кирлĕ продукцийĕсене туса кăларассин калăпăшĕ 1960 çулта — улттăмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнче—çакăн чухлĕ пулмалла:

| | | | 1955 çулхи производство калăпăшĕпе танлаштарса шутласан (процентпа) |
|---|---|---|---|
| **ХУРА МЕТАЛСЕМ** | | | |
| Чугун | 53 | миллион тонна | 159 |
| Хурçă | 68,3 | миллион тонна | 151 |
| Прокат | 52,7 | миллион тонна | 152 |
| **ТОПЛИВО ТАТА ЭЛЕКТРОЭНЕРГИ** | | | |
| Çĕр кăмрăкĕ | 593 | миллион тонна | 152 |
| Нефть | 135 | миллион тонна | 191 |
| Газ | 40 | миллиард кубометр | 388 |
| Электроэнерги | 320 | миллиард киловатт-сехет | 188 |
| вăл шутра гидроэлектроэнерги | 59 | миллиард киловатт-сехет | 255 |
| **ХИМИКАТСЕМ ТАТА МИНЕРАЛЛА УДОБРЕНИСЕМ** | | | |
| Минераллă удобренисем | 19,6 | миллион тонна | 204 |
| Каустически сода | 1.000 | пин тонна | 177 |
| Кальцинированнăй сода | 2.420 | пин тонна | 168 |
| **МАШИНĂСЕМ ТАТА ОБОРУДОВАНИ** | | | |
| Металлурги оборудованийĕ | 280 | пин тонна | 163 |
| Химв оборудованийĕ | 208 | пин тонна | 184 |
| Нефтеаппаратура | 120 | пин тонна | 248 |
| Пăс тата газ вăйĕпе ĕçлекен турбинăсем | 10,5 | миллион киловатт-сехет | 258 |
| Гидравлически турбинăсем | 2,6 | миллион киловатт-сехет | 173 |
| Пăс, газ вăйĕпе ĕçлекен тата гидравлически турбинăсем валли генераторсем | 11 | миллион киловатт-сехет | 243 |
| Металл касакан станоксем | 200 | пин штук | 191 |
| Тимĕрçĕ-пресс машинисем | 25,8 | пин штук | 191 |
| Приборсем тата вĕсем валли запаслă пайсем | 7 | миллиард тенкĕлĕх | 347 |
| Автомобильсем | 650 | пин штук | 146 |
| Тракторсем | 322 | пин штук | 197 |
| Ялхуçалăх машинисем | 9,5 | миллиард тенкĕлĕх | 162 |
| Тĕштырă комбайнĕсем | 140 | пин штук | 292 |
| Виндроуэрсем | 50 | пин штук | 20 хут |
| Электровозсем | 550 | штук | 284 |
| Тепловозсем | 1.630 | штук | 12 хут |
| Груз турттармалли магистральнăй вагонсем | 52 | пин штук | 151 |
| Пассажирсем лартса çÿремелли магистральнăй вагонсем | 2.800 | штук | 158 |
| **ВĂРМАН ТАТА СТРОИТЕЛЬСТВО МАТЕРИАЛĔСЕМ** | | | |
| Ĕçе юрăхлă йывăç (турттарса кăларасси) | 264 | миллион кубометр | 134 |
| Хăмасем | 80 | миллион кубометр | 138 |
| Цемент | 55 | миллион тонна | 245 |
| Шифер | 3.050 | миллион условнăй плитка | 205 |
| Чÿрече кантăкĕ | 155 | миллион тăваткал метр | 156 |
| **ХАЛĂХА КИРЛĔ ЯПАЛАСЕМ** | | | |
| Çĕр мамăкĕнчен тĕртсе тунă пир-авăр | 7.270 | миллион метр | 123 |
| Çăм пир-авăр | 363 | миллион метр | 145 |
| Йĕтĕн пир-авăр | 556 | миллион метр | 182 |
| Пурçăн пир-авăр | 1.074 | миллион метр | 204 |
| Искусственнăй сÿс | 330 | пин тонна | 299 |
| Çĕленĕ япаласем | 78 | миллиард тенкĕлĕх | 152 |
| Тăхăнмалли трикотаж | 580 | миллион штук | 135 |
| Атă-пушмак | 455 | миллион мăшăр | 153 |
| Тĕрлĕ йышши сехетсем | 33,6 | миллион штук | 171 |
| Радиоприемниксемпе телевизорсем | 10,2 | миллион штук | 255 |
| Килте усă курмалли холодильниксем | 635 | пин штук | 420 |
| Кĕпе çумалли машинăсем | 528 | пин штук | 610 |
| Çĕвĕ машинисем | 3.780 | пин штук | 235 |
| Мотоциклсем | 395 | пин штук | 162 |
| Велосипедсем | 4.230 | пин штук | 147 |
| Хут | 2.722 | пин тонна | 146 |
| Сĕтел-пукан | 14,6 | миллиард тенкĕлĕх | 206 |
| Сахăр песокĕ | 6.530 | пин тонна | 191 |
| Аш-какай (промышленность урлă туса кăларни) | 3.950 | пин тонна | 178 |
| Пулă | 4.200 | пин тонна | 157 |
| Выльăх-чĕрлĕх çăвĕ тата ытти сĕт продукчĕсем (сĕт çине куçарса шутласан) | 25 | миллион тонна | 186 |
| Ÿсентăран çăвĕ | 1.840 | пин тонна | 165 |
| Консервсем | 5.580 | миллион условнăй банк | 178 |

3. Электрификацилессине, комплекслă механизацилессине тата автоматизацилессине малалла аталантарнă, пысăк тухăçлă ĕçлекен чи çĕнĕ оборудование тата малта пыракан технологие ĕçе кĕртнĕ, кивелнĕ оборудование анлăн улăштарса пынă тата модернизациленĕ никĕс çинче производствăн техникăлла шайне промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенче хăпартас тĕлĕшпе тумалли ĕççене анлăн пурнăçламалла.

4. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра атом энергийĕпе мирлĕ ĕçре усă курассине чылай ÿстермелле. 1956—1960 çулсенче пĕтĕмпе 2—2,5 миллион киловатт-сехет хăватлă атомлă электростанцисем туса лартмалла. Атомлă электростанцисене пуринчен малтан харпăр хăйĕн топливо бази çук районсенче тумалла. Транспорт валли атом вăйĕ паракан установкăсем тăвас ĕççене пуçласа ямалла. Атом вăйĕпе ĕçлекен двигательлĕ ледокол тумалла. Промышленноçра, ялхуçалăхĕнче тата медицинăра, çав шутра материалсен пахалăхне тĕрĕслес, производство процесĕсене тытса пырас тата çак процессене автоматла йĕркелесе пырас ĕçре, çавăн пекех тĕрлĕ чирсене тĕпчесе пĕлес тата вĕсенчен сыватас ĕçре, радиоактивлă излученисемпе малалла усă курас тĕлĕшпе тăвакан ĕççене пур майсемпе те аталантарса пымалла. Наукăлла тĕпчев ĕçĕсенче мечĕнăй атомсемпе аплăрах усă курмалла. Дозиметрически тата радиометрически аппаратура, контрольпе управлени приборĕсем туса кăларассине чылай ÿстермелле.

5. Халĕ ĕçлекен предприятисенче продукци туса кăларассине чылай ÿстермелле, çакна йăна ĕç тухăçлăхне хăпартнипе, производствăн хальхи хăвачĕсемпе лайăхрах усă курнипе, кивелнĕ оборудование модернизацилепипе тата улăштарнипе, ĕçри «начар вырăнсене» пĕтернипе, çавăн пекех предприятисене пĕр тикĕс ĕçлеттермелле тата продукци пĕр тикĕс туса кăлармалла тунипе, материалсемпе техника нарса тăрас тата производствăна планлас ĕçе лайăхлатнипе тумалла.

Ÿстерме палăртнă хисепрен продукции çакăн чухлĕ пайне производствăна лайăхрах организацилесине тата производствăн пур пек хăвачĕсемпе лайăхрах усă курнипе туса илмелле: хурçă 47 процентран кая мар, чугун 35 процент, хура металсен прокачĕ 40 процент, рафинированнăй пăхăр 42 процент, цинк 47 процент, хура тăхлан 34 процент, алюмини 20 процент, никель 60 процент, çĕр кăмрăкĕ 35 процент, çутă нефтепродуктсем 25 процент, аммиак 34 процент, каустически сода 53 процент, кальцинированнăй сода 30 процент, автошинăсем 24 процент, гидравлически турбинăсем 54 процент, трансформаторсем 64 процент, металл касакан станоксем 65 процент, автомобильсем 55 процент, тракторсем 69 процент, экскаваторсем 48 процент, химв оборудованийĕ 35 процент, электровозсем 40 процент, пассажирсем лартса çÿремелли вагонсем 89 процент, тимĕрçĕ-пресс машинисем 29 процент, цемент 32 процент, шифер 56 процент, çуртсене витмелли çемçе материалсем 27 процент, чÿрече кантăкĕ 86 процент, картон 12 процент, хут 56 процент, çăм пир-авăр 39 процент, йĕтĕн пир-авăр 56 процент, сăран атă-пушмак 36 процент, сахăр песокĕ 63 процент, аш-какай 63 процент, консервсем 51 процент тата ÿсентăран çăвĕ 64 процент.

6. Чĕртаварпа, топливăпа, электроэнергипе, металсемпе тата ытти материальнăй ресурссемпе лайăхрах усă курмалла, чĕртавартан тĕрлĕ продуктсем туса хатĕрленĕ чухне унпа комплекслă усă курмалла, чĕртаварпа материалсене расходламалли нормăсене чакармалла, дефицитлă тата хаклă чĕртаварсем, материалсем тата тĕслĕ металсем вырăнне урăх япаласемпе усă курассине ĕçе кĕртмелле. Производствăра тепĕр хут усă курма юрăхлă япаласемпе, çавăн пекех йÿнĕрех çĕнĕ йышши материалсемпе ытларах усă курмалла. Материалсем производствăра тăкакланассине, уйрăмах юрăхсăр продукци туса кăларнипе пулакан тăкаксене нумай чакармалла.

7. Ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерсе, продукци туса кăларнă чухне чĕртавар, материалсем, топливо тата электроэнерги сахалтарах расходласа, администрацине управлени расхочĕсене тата ытти накладной расходсене чылай пĕчĕклетсе, промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакне пилĕк çул хушшинче 17 процентран кая мар йÿнетмелле.

8. 1956—1960 çулсенче халĕ ĕçлекен тата çĕнĕрен тăвакан предприятисен минераллă чĕртавар базисене, кирлĕ чухлĕ сарма тата промышленноçа, пуринчен малтан çĕршывăн хĕвелтухăç районĕсенче, малалла аталантарас ĕç валли çĕр айĕнчи шыраса тупнă пуянлăхсен резервĕсене туса хума май паракан геологилле разведка ĕçĕсем туса иртермелле.

Нумай тимĕрлĕ рудасен тата никелĕн шыраса тупнă запасĕсене, пилĕкçуллăх пуçламăшĕнчи запассемпе танлаштарсан, 30—35 процент, пăхăр, боксит, титан, фосфорит тата борнăй чĕртавар запасĕсене 40—45 процент, ниобий запасĕсене 50—55 процент, хура тăхланпа тăхлан запасĕсене 55—60 процент, молибден запасĕсене 65—70 процент, ртуть запасĕсене 75—80 процент, нефть запасĕсене 65—70 процент ÿстермелле, çавăн пекех энергетически çĕр кăмрăкĕ кăларакан шахтăсем йышăнакан уйсене хăват енĕпе 35—40 процент, коксланакан çĕр кăмрăкĕ кăларакан шахтăсем йышăнакан уйсене—40 процентран кая мар ÿстермелле.

Çĕршывăн хĕвелтухăç районĕсенче нефть, газ, тĕслĕ металсемпе сайра тĕл пулакан металсем, титан кăлармалли, ферромарганец тума марганецлă рудасем кăлармалли çĕнĕ вырăнсем шырассине пур майсемпе те сарса пымалла. Донец, Печора, Кузнецк тата Кăнтăр-Якутск бассейнĕсенче коксланакан çĕр кăмрăкĕ, Казахстанра сахал кĕллĕ тата коксланакан çĕр кăмрăкĕ, Союзăн Европа пайĕнче, Уралта тата Вăтам Азире энергетически çĕр кăмрăкĕ кăлармалли çĕнĕ шахтăсем тумалли вырăнсене хатĕрлес тĕлĕшпе геологилле разведка ĕçĕсене вăйлатмалла.

9. Хура металлурги енĕпе хура металсем, уйрăмах легированнăй хурçăсем, вак сортлă хурçă, катанка, калиброванăй хурçă, инструментальнăй тата электротехнически хурçăсем, биметаллически листасем тата профильлĕ трубасем туса кăларассине пысăк хăвăртлăхсемпе ÿстермелле; листаран, тăрăхран тата лентăран авнă фасонлă профильсем туса кăларассине организацилемелле. Пилĕк çул хушшинче низколегированнăй хурçă туса кăларассине 17 хута яхăн, динамнăй хурçă туса кăларассине—97 процент, трансформаторнăй хурçă туса кăларассине—2,1 хут, листаллă прокат туса кăларассине—85 процент, çав шутра çÿхе листаллă прокат туса кăларассине—2,2 хут тата сивĕлле якатнă листасем туса кăларассине—4 хут, вак сортлă прокат туса кăларассине—93 процент, катанка туса кăларассине—2,1 хут, пысăк диаметрлă шăратнă трубасем туса кăларассине—2,7 хут, хурçă пралук туса кăларассине—3 хут, яланхи йышши пралук туса кăларассине—2,4 хут, çирĕплетмелли изделисем туса кăларассине—4,4 хут, сивĕлле якатнă лента туса кăларассине—76 процент тата хурçă трос туса кăларассине 80 процент ÿстермелле.

1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, электрохурçă шăратса кăларассине 79 процент, кокс çунтарассине—48 процент тата тимĕр руди кăларассине—59 процент ÿстермелле. 1960 çулта офлюсованнăй агломерат туса кăларассине 73 миллион тоннăна çитермелле.

1960 çулта СССР Хура металлурги министерстви енĕпе домнăсенче ферросплавсене пурне те кислородпа пуянлатнă сывлăшпа вĕртерсе шăратса кăлармалла тата туса кăларакан пĕтĕм хурçăн 40 процента яхăн пайне, çав шутра пĕтĕм конвертернăй хурçăна кислородпа усă курса шăратса кăлармалла. Конвертерсемпе электрокăмакасенче электрохурçăна дуплекс-процеспа туса кăларассине организацилемелле. Хурçăна сывлăшсăр шăратса кăларассине тата формăсем çине юхтарассине пур майсемпе те сарса пымалла. Трубасене центробежнăй тата çурма татти-сыпписĕр майпа шăратассипе тата шуç тимĕре электролитпа çутатассине чылай сармалла. Хурçăна формăсем çине татти-сыпписĕр юхтармалли меслете ĕçе анлăн кĕртмелле, ку вăл продукци пахалăхне лайăхлатма тата юрăхлă продукци ытларах туса кăларма май парать. Хурçă шăратмалли кăмакасене шал енчен вут-çулăма парăнман чи çирĕп материалсемпе витсе çитермелле. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра, капитальнăй строительство шучĕпе, производство хăвачĕсене çакăн чухлĕ ĕçе кĕртмелле: чугун енĕпе—16,8 миллион тоннăна яхăн, хурçă енĕпе—15,8 миллион тонна, прокат енĕпе—16,3 миллион тонна тата тимĕр руди енĕпе—84 миллион тонна чухлĕ. Пилĕк çул хушшинче хăватсене тутăхман хурçă тата вĕрине чăтăмлă сплавсем туса кăларас енĕпе 3,2 хут, çав шутра вĕрине чăтăмлă сплавсем енĕпе—6 хут ытла ÿстермелле.

Икĕ пысăк метизнăй завод туса ĕçе ямалла; авнă профильсем 800 пин тоннăран кая мар туса кăларакан специализациленĕ цехсем тумалла. Ферросплав завочĕсен хăвачĕсене ÿстермелле. Хĕвелтухăçĕнче марганец руди кăларас тĕлĕшпе çĕнĕ хăватсене ĕçе кĕртмелле. Çĕнĕ вырăнсенче тимĕрпе марганец рудисем кăларма тытăнмалла.

10. **Тĕслĕ металлурги** енĕпе 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, рафинированнăй пăхăр туса кăларассине 60 процента яхăн ÿстерме, алюмини—2,1 хут, хура тăхлан—42 процент, цинк—77 процент, никель—64 процент, молибден продукцийĕ—2 хут, вольфрам концентрачĕсем—57 процент, таварлă магни туса кăларассине—2,1 хут ÿстерме палăртмалла. Титан тата сайра тĕл пулакан металсем—германий, цирконий, ниобий, тантал тата ыттисем туса кăларассине чылай вăйлатмалла. Электроникăна, радиотехникăна малалла аталантарма тĕслĕ питĕ таса металсемпе сайра тĕл пулакан металсем тата вĕрине чăтăмлă сплавсем туса кăларассине ÿстермелле.

Пысăк тухăçлă ĕçлеме май паракан çĕнĕ технологи процесĕсене: рудасене нумай тапхăрпа лайăхлатмалли, рудасене комбинированнăй майпа лайăхлатмалли тата гидрометаллургически майпа ĕçлесе хатĕрлемелли меслетсене, «вĕресе тăракан сийре» хĕртмелли меслетсене, электрометрически тата автоклавнăй процессене, тĕслĕ металлургире кислородпа усă курассине ĕçе анлăн кĕртмелле. Пилĕк çул хушшинче тĕслĕ металсене усă майпа кăларассине 2,2 хут ÿстермелле, массăллăн ишĕлтерес системăсемпе усă курса çĕр айĕнче руда кăларассине чылай ÿстермелле. Чĕртавартан металсем илессине ÿстермелле, кÿкĕрт кислоти туса кăларма рудасемпе газсенчи кÿкĕртпе усă курма чĕртавара комплекслă хатĕрлессине организацилемелле. Тĕслĕ металсем туса илмелли йÿнĕрех ларакан процессем шыраса тупас тĕлĕшпе, çавăн пекех сайра тĕл пулакан металсем туса кăлармалли технологие лайăхлатса ĕçе кĕртес, вĕсен уйрăмлăхĕсене тата вĕсемпе ăçта усă курмаллине пур енĕпе те сăнаса пĕлес тĕлĕшпе наукăлла тĕпчев ĕçĕсене вăйлатмалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра производство хăвачĕсене: малтанлăха тасатнă алюмини енĕпе—2,7 хута яхăн ÿстермелле, рафинированнăй пăхăр енĕпе—50 процент, хура тăхлан енĕпе—54 процент, цинк енĕпе—1,8 хут, никель енĕпе—1,7 хут, тĕслĕ металлурги предприятийĕсенче кÿкĕрт кислоти туса кăларас тĕлĕшпе—5,2 хут ÿстермелле.

11. **Çĕр кăмрăк промышленноçĕ** енĕпе çĕр кăмрăкĕ кăларасси халăх хуçалăхĕ топливо нумайрах та нумайрах ыйтнипчен юлса пынине пĕтермелле, государствăна кирлĕ таран топливо запасĕсем туса хумалла.

Донецпа Кузнецк бассейнĕсенче, Львовпа Волынск тата Экибастуз патĕнчи вырăнсенче çĕр кăмрăкĕ кăларассине пур майсемпе те аталантарса вăйлатмалла, çавăн пекех Кустанай облаçĕнчи çĕр кăмрăкĕ кăлармалли çĕнĕ вырăнсемпе тата Кемерово облаçĕнчи Итат патĕнчи вырăнсемпе усă курма тытăнмалла. 1960 çул тĕлне кокс тумалли çĕр кăмрăкĕ кăларассине çулталăкра 118 миллион тоннăна яхăн çитермелле.

Çĕр кăмрăкĕ кăлармалли вырăнсене уçмалли çĕнĕ, лайăхрах меслетсем тата çĕр кăмрăклă вырăнсемпе усă курмалли лайăхрах системăсем шыраса тупас, проектлас тата вĕсене производствăна кĕртес тĕлĕшпе, çавăн пекех сăрт-ту ĕçĕнче усă курмалли çĕнĕ техника тăвас, йăна производствăна кĕртес тата сăрт-ту ĕçĕнчи пур пек машинăсемпе тата механизмсемпе усă курассине лайăхлатас тĕлĕшпе тăвакан ĕçсене вăйлатмалла.

Çĕр кăмрăкне уçă меслетпе кăларассине малалла аталантарса пымалла, 1960 çулта çак меслетпе çĕр кăмрăкĕ кăларассине 122 миллион тоннăна яхăн çитермелле, çавăн пекех çĕр кăмрăкне çĕр айĕнче гидравлически меслетпе кăларассине ĕçе кĕртсе пымалла.

Пилĕк çул хушшинче çулталăкра 240 миллион тоннăна яхăн çĕр кăмрăкĕ кăлармалăх çĕр кăмрăк шахтисем тата усă майпа çĕр кăмрăкĕ кăлармалли резервсем туса ĕçе ямалла. Шахтăсем чăвса пырас ĕçĕн тата ытти капитальнăй сăрт-ту ĕçĕсен хăвăртлăхне 2 хута яхăн ÿстермелле. Халĕ ĕçлекен тата çĕнĕрен ĕçе яракан çĕр кăмрăк шахтисен проектра, палăртнă хăвачĕсемпе туллин усă курма тытăнассине хăвăртлатмалла. Çĕр кăмрăкĕн пахалăхне лайăхлатмалла, ку тĕлĕшпе çĕр кăмрăкне фабрикăсенче пуянлатассине 85 процента яхăн, çĕр кăмрăк брикечĕсем туса кăларассине—2 хут ÿстермелле.

(Малалли 2-мĕш страницăра.)

# ССР Союзӗн халӑх хуҫалӑхне 1956—1960 ҫулсенче аталантармалли улттӑмӗш пилӗкҫуллӑх план тӗлӗшпе

# КПСС XX-мӗш СЪЕЗЧӖ ПАРАКАН ДИРЕКТИВӐСЕМ

(Пуҫламӑшӗ 1-мӗш страницӑра).

Ҫӗр кӑмрӑкне лайӑхлатнӑ чухне тӑкаксем пулассине нумай чакармалла, ҫӗр кӑмрӑкне пуянлатас ӗҫӗн технологине лайӑхлатмалла, ҫӗр кӑмрӑкне пуянлатмалли ҫӗнӗ, лайӑхрах меслетсене вӗренсе ҫитмелле, ӗҫе кӗртмелле.

Пилӗк ҫул хушшинче ҫунакан сланецсем кӑларассине 67 процентран кая мар, торф кӑларассине—44 процент, ҫав шутра фрезернӑй торф кӑларассине—73 процент ӳстермелле.

12. Нефть промышленноҫне енӗпе нефть кӑларас тата нефтьрен тӗрлӗ продуктсем туса хатӗрлес ӗҫе нумай хӑвӑртлатмалла, ҫутӑ нефтепродуктсем туса кӑларассине 2 хута яхӑн, сӗрмелли ҫусем туса кӑларассине—1,8 хут ӳстермелле.

Нефть кӑлармалли вырӑнсенче ҫӗр сийне искусственнӑй майпа хӗсӗмлӗн меслетсемпе усӑ курса кӑларакан нефтӗн удельнӑй висине 82 процента ҫитермелле. Пӑраласа шӑтарма йывӑр сийсене пысӑкрах тухӑҫлӑ майпа ҫӳмелли меслете лайӑхлатмалла тата уйӑпа анлӑ усӑ курмалла.

Нефть тата газ кӑлармалли шӑтӑксем тунӑ ҫӗрте пӑраласа шӑтарас хӑвӑртлӑхсене 85 процентран кая мар, нефть шыранӑ ҫӗрте—95 процент ӳстермелле. Пӑраласа шӑтарас ӗҫсен хакне 30 процента яхӑн йӳнетмелле.

Нефть кӑлармалли вырӑнсене шырас ӗҫӗн ҫӗнӗ, лайӑхрах меслечӗсемпе комплекслӑн усӑ курмалла тата унӑн техникӑлла хатӗрӗсене лайӑхлатмалла.

Нефтьрен тӗрлӗ продуктсем туса кӑларассине малалла лайӑхлатма палӑртмалла. Автомобильсемпе тракторсем валли тӑвакан топливӑсен ҫусен пахалӑхне лайӑхлатмалла: бензинсен детонаци парас мар уйрӑмлӑхӗсене ӳстермелле, дизель топливинчи кӳкӗртпе парафина сахаллатмалла, автолсен тата дизельсенӗсене лайӑхрах ҫыпҫӑнакан тумалла, вӗсен ӗҫри паха енӗсене лайӑхлатмалла. Нефтьрен тӗрлӗ продуктсем хатӗрлеме ҫӗнӗрен тӑвакан тата реконструкцилекен заводсене ҫӗнӗ, лайӑхрах технологи процесӗсене тата нефть продукчӗсем туса хатӗрлемелли пахарах меслетсене ӗҫе кӗртсе пымалла.

Нефтьрен тӗрлӗ продуктсем тӑвакан ҫӗнӗ заводсем, магистральнӑй трубопроводсем тӑвас ӗҫе хӑвӑртлатассине ӳстермелле тата строительствӑна мӗн май килнӗ таранах йӳнетмелле. Нефте малтанхи тасатмалли ҫӗнӗ заводсем лартса, пилӗк ҫул хушшинче производство хӑвачӗсене 15 миллион тоннӑран кая мар тата чӗртавара крекинг витӗр кӑларассине—26 миллион тоннӑран кая мар ӳстермелле.

13. Газ промышленноҫне пур майсемпе те аталантарса пымалла, халӑх хуҫалӑхӗнче, ҫавӑн пекех кулленхи пурнӑҫра та, химилле чӗртавар тата топливо вырӑнне газпа усӑ курассине ӳстермелле. Пилӗк ҫул хушшинче газ кӑларассине тата хатӗрлессине 3,9 хута яхӑн ӳстермелле. Газ кӑлармалли ҫӗнӗ вырӑнсене палӑртас тӗлӗшпе геологи шырав тата разведка ӗҫӗсене вӑйлатмалла, пилӗк ҫул хушшинче газӑн промышленноҫла запасӗсене 85—90 процент ӳстермелле.

Ставрополь, Шебелинка, Степновск патӗнчи газлӑ вырӑнсене промышленноҫла майпа газ кӑларма тытӑнмалла, Ҫӗпӗрти Березово патӗнчи газ кӑлармалли вырӑна ӗҫ яма хатӗрлесе ҫитермелле.

9 пин километр тӑршшӗнӗ яхӑн магистральнӑй газопроводсем ӗҫе кӗртмелле, ҫав шутра чи пысӑккисем: Ставрополь—Мускав, Дашава—Минск—Ленинград, Ставрополь—Невинномысск—Минеральные Воды—Грозный, Шебелинка—Харьков—Курск—Орел—Брянск, Хусан—Горький газопроводсем. Березово—Свердловск тата Грозный—Тбилиси газопроводсене туса тытӑнмалла.

14. Электрификаци енӗпе строительствӑн хӑвӑртлӑхӗсене ӳстермелле, унӑн пахалӑхне лайӑхлатмалла; ӑшӑ вӑйӗпе ӗҫлекен электростанцисен, гидроэлектростанцисен, электричествӑна ӑшӑ парса тӑмалли линисен техника тӗлӗшӗнчи шайне малалла кӑларса пымалла. Электроэнергие промышленноҫе малалла кӗртсе пынипе пӗрле, транспорта тата ялхуҫалӑх анлӑрах электрификацилесси ҫавӑн пекех хуласене электроэнерги парса тӑрассине лайӑхлатмалла.

Пилӗк ҫул хушшинче турбиналлӑ электростанцисен пӗтӗм хӑватне 2,2 хута яхӑн, гидроэлектростанцисен хӑватне—2,7 хут тата Электростанцисен министерстви 35—220 киловольт напряжениллӗ электричество линийӗсен тӑршшӗне—2,2 хут ӳстермелле.

Куйбышевра Сталинград гидроэлектростанцийӗсене пӗтӗм хӑвачӗпе ӗҫлеттерме тума ҫитермелле; Атӑл ҫинче 1 миллион киловатт хӑватлӑ Саратов гидроэлектростанцийӗн строительствине сарса ямалла; Кама ҫинче 540 пин киловатт хӑватлӑ Воткинск гидроэлектростанцине туса пӗтермелле, 900 пине яхӑн киловатт хӑватлӑ Анат Кама гидроэлектростанцине тата Атӑл ҫинчи 800 пине яхӑн киловатт хӑватлӑ Шупашкар гидроэлектростанцине тума тытӑнмалла.

450 пин киловатт хӑватлӑ Кременчуг ГЭС-не тата 250 пин киловатт хӑватлӑ Днепродзержинск ГЭС-не туса ӗҫе ямалла.

ССР Союзӗн хӗвелтухӑҫ районӗсенче питӗ пысӑк гидроэлектростанцисем тӑвас ӗҫе сарса ямалла. Ангара ҫинчи 660 пин киловатт хӑватлӑ Иркутск гидроэлектростанцине тата проектра палӑртнӑ тӑрӑх 3 миллион та 660 пин киловатт хӑватлӑ пулакан Братск гидроэлектростанцийӗн пӗррремӗш черетне, Обь ҫинчи 400 пин киловатт хӑватлӑ Новосибирск гидроэлектростанцине ӗҫе ямалла. Енисей ҫинче 3 миллион та 200 пин киловатт хӑватлӑ Красноярск гидроэлектростанцийӗпе Обь ҫинчи 500 пин киловатт хӑватлӑ Каменск гидроэлектростанцине тума тытӑнмалла.

Куйбышев тата Сталинград гидроэлектростанцийӗсене Центрти, Кӑнтӑрти тата Уралти энергосистемӑсемпе пӗрлештерсе, ССР Союзӗн Европа пайӗн пӗрлӗхлӗ энергетически системине туса хумалла, кӳ тӗлӗшпе 400 киловольт напряжениллӗ электропередача линийӗ тумалла. Центральнӑй Ҫӗпӗрӗн пӗрлӗхлӗ энергетически системине (Новосибирскран Иркутск таран) тӑвас ӗҫе тытӑнмалла. Грузи, Азербайджан тата Армени энергосистемисене пӗрлештермелле.

Пысӑк энергосистемӑсенче районсенчи ӑшӑ вӑйӗпе ӗҫлекен электростанцисен хӑвачӗсене ӳстерессине пысӑк хӑватлӑ электростанцисем тунипе пурнӑҫласа пымалла, вӗсенче 100-шер, 150-шар тата 200-шер пин киловатлӑ агрегатсем вырнаҫтарса лартмалла, ҫак электростанцисем топливо кӑларакан районсенче пулмалла.

Промышленность предприятийӗсемпе пысӑк хуласене малалла теплофикацилемелле, ӑшӑ памалли линисем тӑвас ӗҫ кая юлса пынине пӗтермелле.

ССР Союзӗн Европа пайӗнчи пӗрлӗхлӗ энергетически системинче тата ытти пысӑк энергосистемӑсенче электричество хӑвачӗсен усӑ курмалли резервӗсем 10 процентран кая мар пулмалла.

Электростанцисем перекетлӗ ӗҫлессине малалла ӳстерес тата вӗсен хакне йӳнетес тесе, ӑшӑ вӑйӗпе ӗҫлекен пысӑк электростанцисенче температура 565°С чухне пӑс пусӑмӗн вӑйӗ 130 атмосфера тӑракан оборудованине анлӑ усӑ курмалла, блоклӑ схемӑна—хуран—турбина—ӗҫе кӗртмелле. Температура 600°С чухне пӑс пусӑмӗн вӑйӗ 220 атмосфера тӑнипе ӗҫлекен 200 пин киловатт хӑватлӑ турбиналлӑ блоксемпе промышленноҫра усӑ курма вӗренсе ҫитмелле. Температура 650°С чухне пӑс пусӑмӗн вӑйӗ 300 атмосфера таран тӑнипе ӗҫлекен 300 пин киловатт хӑватлӑ турбиналлӑ блока, ҫавӑн пекех опытлӑ тата промышленноҫла газотурбиналлӑ чылай электростанцисене ӗҫе ямалла. Ӑшӑ вӑйӗпе ӗҫлекен, усӑ сахал тӳрекен чылай электростанцисене, пысӑк параметрлӑ пӑссемпе усӑ курса, техника тӗлӗшӗнчен реконструкцилемелле.

Улшӑнман токлӑ пысӑк напряжениллӗ электроэнерги парассине пурнӑҫламалла, ку тӗлӗшпе Сталинград ГЭС-ӗпе Донбас хушшинче улшӑнман токлӑ электропередача линийне ӗҫе ямалла.

15. Хими промышленноҫне, уйрӑмах халӑх хуҫалӑхӗн тӗрлӗ отраслӗсенче техникӑна малалла вӑйлатма кирлӗ хими продукчӗсем туса кӑларассине пысӑк хӑвӑртлӑхсемпе аталантармалла.

Ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне ӳстерме май паракан хими продукчӗсем туса кӑларассине чылай ӳстермелле; концентрациленӗ ҫӗнӗ йышши минераллӑ удобренисем тата ялхуҫалӑх ӳсентӑранӗсене сиен кӳрекен хурт-кӑпшанкӑсемпе чирсене хирӗҫ кӗрешме кирлӗ ҫӗнӗ йышши, хӑватлӑрах ядохимикатсем туса кӑларас ӗҫе организацилемелле. Концентрациленӗ фосфорлӑ удобренисем ҫулталӑкра 1 миллион тоннӑна яхӑн туса кӑлармалла.

Ҫумкурӑксене пӗтермелли химикатсем туса кӑларассине промышленноҫра анлӑн организацилемелле, ҫапла вара ялхуҫалӑх культурисене пӑхса ӳстерме каякан ӗҫ вӑйне чылай чакармалла.

Минераллӑ удобренисем валли чӗртавар—апатит концентрачӗ, фосфоритсем туса кӑларассине, ҫавнашкалах, ҫутҫанталӑкри кӳкӗрт тухакан вырӑнсемпе, кӳкӗртлӗ пӑхӑр рудисемпе тата кӳкӗртлӗ газсемпе усӑ курса, кӳкӗрт кислоти тата кӳкӗрт туса кӑларассине нумай ӳстермелле. Аммиак туса кӑларассине 87 процента яхӑн, кӳкӗрт кислоти туса кӑларассине 91 процента яхӑн ӳстермелле.

Ҫакна хими промышленноҫӗн чи кирлӗ задачисенчен пӗри тесе шутлас: синтетически каучук, спирт, ҫума кирлӗ япаласем туса кӑларас ӗҫре нефтьпе, ҫутҫанталӑкри газсемпе тата нефть продукчӗсемпе усӑ курассине нумай ӳстермелле, ҫапла вара ҫак продуктсене туса кӑларма тӗштырӑ, ӳсентӑран ҫӑвӗсем тата ытти апат-ҫимӗҫ чӗртаварӗ расходлассине чылай чакармалла; пилӗкҫуллӑх вӗҫӗнче, тӗпрен илсен, техникӑра апат-ҫимӗҫ спиртне расходлама пӑрахмалла. Синтетически спирт туса кӑларассине 10 хута яхӑн, синтетически каучук туса кӑларассине 2,2 хута яхӑн ӳстермелле. Кокс газӗпе тата ҫӗр кӑмрӑкне коксланӑ чухне пулакан продуктсемпе лайӑхрах усӑ курса, химикатсем туса кӑларас ӗҫе вӑйлатмалла.

Синтетически сӑмаласем, пысӑк пахалӑхлӑ лаксемпе сӑрсем, пластически массӑсем, электроизоляци материалӗсем, машиностроени, радиотехника тата халӑх хуҫалӑхӗн ытти отраслӗсем валли синтетически материалсем туса кӑларассине ӳстермелле тата вӗсен ассортиментне нумайлатмалла. Искусственнӑй сӳс тума кирлӗ синтетически материалсем туса кӑларассине 5,9 хут ӳстермелле. Автомобиль шинисем туса кӑларассине 2 хута яхӑн ӳстермелле.

Хими промышленноҫӗнче ытларах усӑ паракан ҫӗнӗ технологи процесӗсене тата пысӑк тухӑҫлӑ оборудованине анлӑн ӗҫе кӗртмелле.

Хими промышленность министерстви предприятийӗсенчи хӑватсене пилӗкҫуллӑхра аммиакпа каустически сода туса кӑларас тӗлӗшпе 1,7 хута яхӑн, синтетически каучук туса кӑларас тӗлӗшпе—2,3 хут ӳстермелле.

16. Машиностроени тӗлӗшпе пысӑк тухӑҫлӑ ҫӗнӗ йышши оборудованипе машинӑсем, станоксем, прессем, аппаратсем тата приборсем туса кӑларма вӗренсе ҫитессине тата ҫав ӗҫе малалла анлӑн аталантарассине чи кирлӗ задача тесе шутлас. Машиностроени продукцийӗ тата металтан тӗрлӗ япаласем туса кӑларассине пилӗкҫуллӑхра 80 процента яхӑн ӳстермелле.

Машиностроени предприятийӗсен техника шайне нумай ӳстермелле. Металтан тӗрлӗ япаласем хатӗрлекен оборудовани паркне чылай ҫӗнетмелле тата модернизацилемелле. Машиностроени предприятийӗсенче заготовкӑсем туса кӑларас ӗҫре прогрессивла ҫӗнӗ меслетсемпе ытларах усӑ курмалла. Пысӑк тухӑҫлӑ машинӑсен ҫӗнӗ конструкцийӗсене кӗске срокра тӑвас тӗлӗшпе наукӑпа тӗпчев ӗҫне, конструкторсен ӗҫне тата опытлӑ ӗҫе анлӑн сарса ямалла.

Машинӑсен конструкцийӗсене лайӑхлатса, вӗсен габаричӗпе йывӑрӑшне чакарса, легированнӑй тата сурма легированнӑй хурҫӑсемпе, ҫӑмӑл сплавсемпе, пластмассӑсемпе, прокатӑн перекетлӗ профилӗсемпе ытларах усӑ курса, шӑратса тӑвакан тата туптаса тӑвакан заготовкӑсене тӗрӗс тумалли кучухнехи меслетсемпе ӗҫлесе, метала расходламалли удельнӑй висене вӑтам шутпа 22 процентран кая мар чакармалла.

Станиостроенире специализациленӗ, ятарласа тӑвакан тата нумай позициллӗ агрегатлӑ станоксем туса кӑларассине 2,4 хут, автоматлӑ цехсемпе заводсем валли автоматла тата ҫурма автоматла линисемпе оборудовани туса кӑларассине 5 хута яхӑн ӳстермелле. Пилӗкҫуллӑх вӗҫленнӗ тӗле туса кӑларакан пӗтӗм станоксен хисепӗнче метала касакан чи прогрессивлӑ станоксен группин удельнӑй висине 50 процентран кая мар ӳстермелле; йывӑҫран тӗрлӗ япаласем туса кӑларакан промышленность валли оборудовани, вӑл шутра автоматла линисем, автоматла тата ҫурма автоматла станоксем туса кӑларассине ӳстермелле.

Метала касакан станоксем туса кӑларас ӗҫри ӳсӗмпе танлаштарсан, тимӗрҫӗ-пресс машинисемпе шӑратакан оборудовани туса кӑларассине хӑвӑртрах ӳстермелле. Тимӗрҫӗ-пресс оборудованийӗ, уйрӑмах туптакан-штамплакан, ҫапса тӑвакан хӑватлӑ гидравлически, механически прессем, туптакан горизонталлӗ машинӑсемпе высадочнӑй автоматсем; вӑл шутра метала электричествӑпа хӗртекен автоматсем ытларах туса кӑлармалла. Йывӑр тимӗрҫӗ-пресс машинисем туса кӑларассине 4 хутран кая мар, шӑратакан оборудовани туса кӑларассине 8 хутран кая мар ӳстермелле.

Метала касакан оборудовани, тимӗрҫӗ-пресс машинисем тата шӑратакан оборудовани туса кӑларма кирлӗ хӑватсене, чи малтан автоматла линисем, ятарласа тӑвакан тата агрегатлӑ станоксем туса кӑларакан заводсене ӗҫе кӗртмелле.

Йывӑр машиностроенире пысӑк тухӑҫлӑ, пӗтӗмпех механизациленӗ тата чи лайӑх автоматизациленӗ прокат станӗсем, чи малтан пӗр вӗҫӗм листаллӑ, сортлӑ прокат тата трубасем кӑларса тӑракан стансем, авӑнчӑк профиллӗ прокат тата тӗрлӗ прокат кӑларса тӑракан стансем, электросваркӑна ҫыпӑҫтармалли пӗчӗк тата пысӑк диаметрлӑ трубасем кӑларса тӑракан агрегатсем, прокат производствинчи йывӑр процессене механизацилемелли оборудовани туса кӑларас ӗҫе вӗренсе ҫитмелле тата туса кӑларма тытӑнмалла. Пилӗкҫуллӑхра прокат оборудованийӗ туса кӑларассине 82 процент ӳстермелле.

Шахтӑсем валли 25 тонна таран груз ҫӗклекен пысӑк машинӑсем, тӗрлӗ геологи условийӗсенче ӗҫлемелли ҫӗр кӑмрӑк комбайнӗсем, курки пысӑкӑшӗ 25 кубометрлӑ, стрели тӑршшӗ 100 метрлӑ экскаватор-драглайнсем туса кӑларма тытӑнмалла. Нефтьрен тӗрлӗ япаласем хатӗрлекен ҫӗнӗ йышши нефтеаппаратура туса кӑларассине ӳстермелле. Ҫӗре пӑраламалли хальхи оборудованине модернизацилемелле тата лайӑхрах ҫӗнӗ оборудовани, пысӑк тухӑҫлӑ газомотокомпрессорсем тумалла.

Торф промышленноҫне механизацилеме оборудовани туса кӑларассине пилӗкҫуллӑхра 2 хутран кая мар ӳстермелле.

Энергетика машиностроенийӗпе электротехника промышленноҫӗнче хуранпа турбина агрегачӗсен электрооборудованин пахалӑхне тата техникӑпа экономика показателӗсене ӳстермелле. Пысӑк параметрлӑ пӑспа ӗҫлекен ҫӗнӗ энергетика оборудованийӗ туса кӑларма тытӑнмалла, пӑс турбинисен, хурансен тата электростанцисенчи ытти оборудованин ӗҫне комплекслӑ автоматизацилемелле. Хӑвачӗ 200 тата 300 пин киловата ҫитекен пӑс турбинисем тата ҫав турбинӑсем валли хурансем, пӑс турбинисем валли хӑвачӗ 300 пин киловата ҫитекен, обмоткине ятарласа сивӗтсе тӑракан пысӑк генераторсем тата гидроэлектростанцисем валли хӑватлӑ генераторсем конструкцилесе, туса кӑларма тытӑнмалла. Пӗр вырӑнта ларакан тата транспортри газотурбиналлӑ установкӑсем, ҫавнашкалах куҫса ҫӳрекен газотурбиналлӑ электростанцисем серипе туса кӑларас ӗҫе организацилемелле.

400 киловольт ытла напряжениллӗ улшӑнакан ток валли электрооборудовани тӑвас тӗлӗшпе наукӑпа тӗпчев ӗҫӗсем туса иртерме сӑнавлӑ база организацилемелле; улшӑнман ток парса тӑракан пысӑк вольтлӑ линисем валли электрооборудованипе электроаппаратура тума вӗренсе ҫитмелле тата туса кӑлармалла.

Электричествӑпа хурҫӑ шӑратмалли 180 тонна кӗрекен, метала электромагнитпа пӑтратакан пысӑк кӑмакасем тата ферросплавсем шӑратмалли хупӑ колошниклӑ электричество кӑмакисем тума вӗренсе ҫитмелле.

Электрооборудовани валли ҫурма проводниклӑ вӑй выпрямителӗсем тата ҫӗнӗ синтетически электроизоляци материалӗсем туса кӑларма вӗренсе ҫитмелле. Кремнийорганически тата кӗленче изоляципе ытларах усӑ курмалла.

Хальхи йышши пысӑк вольтлӑ аппаратура, пысӑк вольтлӑ хӑватлӑ выпрямительсем тата траспорта, хура металлургипе тӗслӗ металлургие, халӑх хуҫалӑхӗн ытти отраслӗсене электрификацилеме кирлӗ выпрямительсем туса кӑларма производство вӑй-хӑватне хӑвӑртрах ӳстермелле.

Радиотехникӑпа приборостроени промышленноҫне, уйрӑмах технологи процесӗсене тӗрӗслесе тата йӗркелесе пымалли приборсем туса кӑларассине пур майсемпе те аталантармалла. Пилӗкҫуллӑхра приборсемпе автоматизаци хатӗрӗсем туса кӑларассине 3,5 хута яхӑн ӳстермелле, вӑл шутра технологи процесӗсене тӗрӗслемелли тата автоматла йӗркелемелли приборсем—4 хут, шутлакан тата шутласа анализ тӑвакан машинӑсем—4,5 хут, электричество висмелли приборсем—3,6 хут, оптикӑпа механика приборӗсем—3 хут, электровакуум приборӗсем—2,6 хут ытларах туса кӑлармалла. Радио ӗҫӗнчи висмелли приборсем туса кӑларассине 3 хутран кая мар ӳстермелле тата номенклатурине нумайлатмалла.

Приборостроенин, радиотехникӑпа электроникӑн наукӑпа тӗпчев ӗҫӗпе лаборатори ӗҫӗн базине аталантармалла, ӑна чи лайӑх техникӑпа пуянлатмалла. Кӑткӑс математика задачисене шутлама автоматла хӑвӑрт ӗҫлекен шутламалли машинӑсем тата производство процесӗсене автоматла йӗркелесе пыма математика машинисем конструкцилесе туса кӑларас ӗҫе вӑйлатмалла. Туса кӑларакан приборсен тӗрӗслӗхне ӳстермелле тата пахалӑхне лайӑхлатмалла. Физикӑн, электроникӑн, радиотехникӑн ҫӗнӗ ҫитӗнӗвӗсемпе усӑ курса, автоматикӑн ҫӗнӗ хатӗрӗсене тума тытӑнмалла. Ҫурма проводниклӑ приборсем енӗпе наукӑпа тӗпчев ӗҫне анлӑн туса пымалла тата вӗсемпе практикӑра ытларах усӑ курмалла.

Пилӗкҫуллӑх вӗҫленнӗ тӗле люминесцентлӑ лампӑсем туса кӑларассине 10—15 хут ӳстермелле тата криптон тултарнӑ лампӑсем ҫулталӑкра 100 миллион штук туса кӑларма тытӑнмалла.

Радиорелеллӗ тата кабеллӗ линисем валли нумай каналлӑ аппаратура, ҫыхӑну процесӗсене автоматизацилемелли аппаратура, радио тӑрӑх тата пралук тӑрӑх тытакан ҫыхӑну валли, ҫавнашкалах телефон станцийӗсене автоматизацилеме кирлӗ аппаратура ытларах туса кӑлармалла.

Пӗтӗм промышленноҫа кирлӗ приборсем туса хатӗрлекен производство вӑй-хӑватне ӳстерес шутпа улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра приборсем туса кӑларакан 30 завод туса ӗҫе кӗртмелле.

Транспорт машиностроенийӗнче электровозсемпе тепловозсем туса кӑларас ӗҫе аталантармалла, магистраль пӑравусӗсем туса кӑларма пӑрахмалла; газотурбовозсем тумалла. Тепловозсем, суднӑсем валли ҫӗнӗ хӑватлӑ дизельсем тата стационар дизелӗсем серипе туса кӑларас ӗҫе организацилемелле. Промышленность частотипе улшӑнакан токпа ҫӳрекен электровозсене серипе туса кӑларма тытӑнмалла. 90—100 тонна груз турттармалли универсальнӑй вагонсем, ҫурма вагонсем, думпкарсем тата цемент турттармалли вагонсем конструкцилесе туса кӑларма тытӑнмалла. Подшипник ҫинче ярӑнса пыракан ҫӗнӗ локомотивсемпе вагонсем, пассажирсем валли сывлӑша лайӑхлатакан установка лартнӑ вагонсем нумайрах туса кӑлармалла.

Автомобиль промышленноҫӗнче грузовой автомобиль туса кӑларассине шучӗ енӗпе 32 процента яхӑн (груз тиес енӗпе пӗтӗмпе — 45 процент) ӳстермелле, автобус — 88 процент, ҫӑмӑл автомобиль—86 процент, автомобильпе трактор прицепӗсем—4,3 хут тата автомобиль валли запаслӑ пайсем—2,2 хут ытларах ӳстермелле. Автомобильсен, автобуссен, двигательсен кивелнӗ моделӗсене ҫӗнӗ, эксплуатацилеме лайӑхрах модельсемпе улӑштармалла. 40—50 тонна таран груз тиекен автомобиль-самосвалсем туса кӑларас ӗҫе йӗркелемелле. Пур ҫулпа та ҫӳрекен автомобильсем, специализациленӗ грузовой автомобильсем, тӗрлӗ ӗҫре усӑ курмалли лайӑхлатнӑ автоприцепсемпе ҫурма прицепсем туса кӑларассине ӳстермелле.

Тракторпа ялхуҫалӑх машиностроенийӗнче пропашной тракторсем туса кӑларассине 2,7 хута яхӑн ӳстермелле, тракторсен техникӑпа экономика показателӗсене лайӑхлатмалла, перекетлӗрех тата метала сахалрах кирлӗ ҫӗнӗ йышши гусеницӑллӑ тата урапаллӑ тракторсем, хӑй тӗллӗн ҫӳрекен шассисем туса кӑларма тытӑнмалла.

Гидромеханизмлӑ тракторсем туса кӑлармалла, промышленность, строительство, ялхуҫалӑх валли 140 тата 250 лаша вӑйлӗ тракторсем туса кӑларма тытӑнмалла.

Тырпул акса тӑвас, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе тата ялхуҫалӑхӗн ытти отраслӗсенчи ӗҫсене, ҫӗршывӑн тӗрлӗ ялхуҫалӑх зонисен условийӗсене кура, комплексла механизацилеме кирлӗ ялхуҫалӑх машинисем туса кӑларассине вӑйлатмалла, тракторсем валли нумай тӗрлӗ навеснӑй тата ҫурма навеснӑй ялхуҫалӑх машинисемпе хатӗрсем туса хатӗрлемелле тата туса кӑларма тытӑнмалла, ҫапла вара ҫак пилӗкҫуллӑхра, тӗпрен илсен, навеснӑй тата ҫурма навеснӑй машинӑсемпе хатӗрсем туса кӑларас ӗҫе куҫмалла, кӑкармалли машинӑсен конструкцине ҫак машинӑсене тӳрех тракторист тытса пымалли механизмсем кӗртмелле.

Тӗштырӑ культурисене уйрӑм пухмалли машинӑсем—ретлӗ жаткӑсем (виндроуэрсем), тӗштырӑ комбайнӗсем валли вырнӑ тырра пухмалли хатӗрсем туса кӑларассине чылай ӳстермелле.

Выльӑх-чӗрлӗх фермисенчи йывӑр ӗҫсене механизацилеме кирлӗ машинӑсемпе хатӗрсем, выльӑх апачӗ хатӗрленӗ ҫӗрте выльӑх апатне пухса преслакан, пухса капан тӑвакан машинӑсемпе ытти машинӑсем, удобренисем памалли машинӑсем, ялхуҫалӑхне сиен тӑвакан хурт-кӑпшанкӑсене тата ҫумкурӑксене пӗтермелли имҫамсемпе анлӑн усӑ курмалли машинӑсем, ҫавӑн пекех тиемелли—пушатмалли механизмсем туса кӑларассине ӳстермелле.

Ҫанталӑк нӳрлӗ тӑракан районсенче ӗҫлеме, уйрӑмах ҫӳлӗ ӳсекен пысӑк тухӑҫлӑ культурӑсене пухса кӗртме, тӗштырӑ пухакан ҫӗнӗ йышши кӑкарса ямалли, хӑй тӗллӗн ҫӳрекен тата прямоточнӑй комбайнсем туса кӑларма, кукуруза, ҫӗр ҫамӑкӗ, ҫӗрулми пухакан ҫӗнӗ йышши машинӑсемпе ытти ялхуҫалӑх машинисем туса кӑларма тытӑнмалла.

Пӗтӗмӗшле машиностроени отраслӗсенче хими промышленноҫӗ валли пысӑк тухӑҫлӑ оборудовани туса кӑларассине чылай ӳстермелле. Хура металлурги валли сехетре 10—30 пин кубометр кислород паракан установкӑсем тума тытӑнмалла.

Электровакуум, кабель, электромеханика тата хут промышленноҫӗ валли пысӑк тухӑҫлӑ ҫӗнӗ технологи оборудованийӗ туса кӑларма тытӑнмалла; пир-авӑр тӗртекен промышленноҫпа ҫӑмӑл промышленность валли пир-авӑр тӗртекен ҫӗнӗ автоматсем, пӗр вӗҫӗм пир-авӑр хатӗрлесе тӑракан агрегатсем, искусственнӑй сӳспе сӑран тумалли комплекслӑ агрегатсем тата пысӑк хӑвӑртлӑхпа ӗҫлекен ытти оборудовани туса кӑларас ӗҫе организацилемелле. Апат-ҫимӗҫ промышленноҫӗ валли ҫӗнӗ йышши автоматлӑ оборудовани, сивӗтмелли оборудовани тата суднӑсемпе пулӑ предприятийӗсенче пулла тасатса тирпейлес ӗҫе механизацилемелли оборудовани ытларах туса кӑлармалла.

Магазинсенче халӑха таварсене штукӑн сутмалли тата висе чӗркенӗ таварсем сутмалли автоматсем туса кӑларма тытӑнмалла, ӑна аталантарса пымалла.

Строительствӑпа ҫул-йӗр машиностроенине чылай аталантармалла. Экскаваторсем туса кӑларассине 3 хута яхӑн, автогрейдерсем туса кӑларассине — 4 хут, тимӗрбетон изделисем хатӗрлемелли комплектлӑ оборудовани туса кӑларассине—5 хут, пысӑк стена тата бетон блокӗсем хатӗрлемелли оборудовани туса кӑларассине—10 хут ӳстермелле. Цемент промышленноҫӗпе автоматизациленӗ бетон завочӗсем валли пысӑк тухӑҫлӑ комплектлӑ оборудовани, механизациленӗ строительство инструменчӗсем ытларах туса кӑлармалла.

Судостроенире пилӗкҫуллӑхра тинӗсре ҫӳрекен типӗ груз суднисемпе танкерсем туса кӑларассине 30 процент ытла, пулӑ тытакан суднӑсемпе транспорт суднисем туса кӑларассине 3,9 хута яхӑн ӳстермелле. Тинӗсре груз турттаракан самоходнӑй суднӑсен хӑвӑртлӑхне тата груз турттарас хӑватне чылай ӳстермелле. 5—10 пин тонна типӗ груз турттаракан кучухнехи тинӗс теплоходӗсем, 20—25 пин тонна груз турттаракан танкерсем, кит тытмалли хӑвӑрт ҫӳрекен суднӑсем, тинӗсре кит тытмалли пысӑк базӑсем, рефрижерациленӗ трюмлӑ траулерсем, сельдь базисем, пассажирсем ҫӳрекен тинӗс суднисем тата лесовозсем туса кӑлармалла. Пулӑ шӑнтмалли установкӑллӑ тата рефрижерациленӗ трюмлӑ шултра серилле тинӗс суднисем туса кӑларас ӗҫе организацилемелле, тимӗрбетонран суднӑсем ытларах туса кӑлармалла.

17. Строительство материалӗсен промышленноҫӗнче ҫак ӗҫсене тӗп задача тесе шутлас: строительство ӗҫне хӑвӑртлатакан, пахалӑхне ӳстерекен тата хакне йӳнетекен материалсемпе изделисем туса кӑларассине вӑйлӑн аталантармалла, ҫав шутпа цемент, тимӗрбетонран тунӑ пухмалли изделисемпе стена блокӗсем, пӳлмелли изделисем, санитари техникин оборудованийӗ тата тулашӗнчен илемлетмелли материалсем туса кӑларассине нумай ӳстермелле. 1955 ҫулхипе танлаштарсан, 1960 ҫулта тимӗрбетонран тунӑ пухмалли конструкцисемпе детальсем—5,8 хута яхӑн, известь—2,1 хут, ҫемҫе ҫивитти—1,9 хут, стена материалӗсем—2,4 хут, рударан туман строительство материалӗсем—1,8 хут ытларах туса кӑлармалла.

Час хытакан лайӑх цемент тӑвассине ытларах сармалла. Заводсене специализацилесе тата производство процесӗсене лайӑхлатса, тимӗрбетон изделисем тӑвакан заводсенче продукци туса кӑларассине ӳстермелле. Тимӗрбетонран сӳхе стеналлӑ, хӑвӑл тата армированнӑй конструкцисемпе детальсем, тимӗрбетон трубасем массӑллӑн туса кӑларас ӗҫе организацилемелле. Вибрациллӗ арманcенче вӗтетнӗ чӗртавартан строительство материалӗсем туса кӑларма тытӑнмалла. Стена тумалли тата тулашӗнчен илемлетмелли материалсен, шиферӑн, ҫемҫе ҫивиттин, ӳречe кантӑкӗн тата санитари техники изделийӗсен пахалӑхне чылай лайӑхлатмалла.

Чул, вак чул, грави, хӑйӑр кӑларасси тата вӗсене ӗҫре усӑ курма хатӗрлесси юлса пынине пӗтермелле. Вак чул хатӗрлеме районти вӗтетекен-сортлакан шултра заводсем тумалла; рударан туман строительство материалӗсене лайӑхлатас тата ӗҫе юрӑхлӑ тӑвас тӗлӗшпе ӗҫлемелле, вӗсен хӑйне ларакан хакне йӳнетмелле.

Колхозсене вырӑнти строительство материалӗсем ҫителӗклӗ парса тӑрас тесе, колхозсене хӑйсен вӑйӗпе кирлӗ таран стена материалӗсем, черепица, известь, хӑмӑш плитисем тата ытти строительство материалӗсем тума сӗнес.

18. Вӑрман промышленноҫне малалла аталантармалла. СССР Вӑрман промышленность министерстви тӑрӑх ӗҫе юрӑхлӑ йывӑҫ турттарассине пилӗкҫуллӑхра 42 процента яхӑн ӳстермелле, ҫав шутпа 82 миллион кубометр йывӑҫ турттармалӑх производство вӑй-хӑватне ӗҫе кӗртмелле, вӑрман нумай районсенче йывӑҫ хатӗрлес ӗҫе хӑвӑрт аталантармалла тата хӑма ҫуракан заводсем тумалла. 1956—1960 ҫулсенче 16,5 миллион кубометр хӑма ҫурмалӑх производство вӑй-хӑватне ӗҫе кӗртмелле. Сезонпа ӗҫлекен вӑрманпромхозсенчен ҫулталӑк тӑршшӗпех ӗҫлекен предприятисем тумалла, вӗсенче ялан ӗҫлекен рабочисем пулмалла. Вӑрман промышленноҫӗнче оборудованипе лайӑхрах усӑ курмалла тата вӑрман промышленноҫне пысӑк тухӑҫлӑ машинӑсемпе механизмсем памалла.

19. Хут промышленноҫӗпе йывӑҫран тӗрлӗ япаласем тӑвакан промышленноҫа чылай аталантарма палӑртас. Типографи хучӗ 60 процента яхӑн, хаҫат хучӗ—51 процент, картон—2,8 хут, гидролиз тата сульфит спирчӗ—2,3 хут ытларах туса кӑлармалла. Пичетлемелли тата тавар чӗркемелли сӳхе сортлӑ хутсем туса кӑларассине ӳстермелле, тавар чӗркесе тирпейлемелли ҫӗнӗ йышши хутпа картон туса кӑларма тытӑнмалла. Целлюлоза, ҫурма целлюлоза пӗҫермелли тата йывӑҫа гидролиз тумалли прогрессивлӑ меслетсемпе усӑ курмалла.

Хӑмӑшпа усӑ курма ҫӗнӗ целлюлоза завочӗсемпе картон фабрикисем тумалла.

Целлюлозӑпа хут, вӑрманхими тата гидролиз промышленноҫӗн продукцине туса кӑларас ӗҫре, ҫавнашкалах йывӑҫ плитасем, строительство деталӗсем, искусственнӑй йывӑҫ материалӗсем туса кӑларас ӗҫре ҫулҫӑллӑ йывӑҫсемпе тата хӑма суракан, йывӑҫран тӗрлӗ япаласем тӑвакан промышленноҫра, вӑрман хатӗрленӗ чухне пулакан йывӑҫ каяшӗсемпе ытларах усӑ курмалла.

20. Ҫӑмӑл промышленноҫра кулленхи кирлӗ таварсем туса кӑларассине малалла ӳстерме, пахалӑхпа ассортимента, промышленность таварӗсене тулашӗнчен илемлетессине чылай лайӑхлатма палӑртас.

Ҫӗр мамӑкӗнчен тӗртекен тӗклӗ, меланжевӑй пир-авӑр, одеял тумалли, декоративлӑ тата сӗтел-пукан валли каякан пир-авӑр, таса ҫӑмран тӗртнӗ камвольнӑй пир-авӑр, жаккардовӑй пир-авӑр, костюм тата кӗпе-ҫӗлемелли штапельнӑй сӳсрен тӗртнӗ пир-авӑр, пысӑк пахалӑхлӑ чӑлха-носки, ҫурҫӑн трикотажран ҫыхнӑ кӗпе-йӗм, сиелтен тӑхӑнмалли ҫӑм тата ҫурма ҫӑм трикотаж, ҫӗленӗ япаласем, тӗрлӗ модельпе тата фасонпа ҫӗленӗ атӑ-пушмак туса кӑларассине ӳстермелле.

Искусственнӑй сӳссем туса кӑларассине анлӑн организацилесе, 1960 ҫулта вӗсене 330 пин тонна ытларах туса кӑлармалла, вӑл шутра капрон, хлорин, анид, лавсен тата нитрон йышши синтетически сӳссем 44 пин тонна, е 1955 ҫулхинчен 5 хут ытларах, туса кӑлармалла. 1960 ҫулта кӗленче сӳс 5 пин тонна тата искусственнӑй сӑран 51 миллион тӑваткал метр туса кӑлармалла.

Искусственнӑй сӳс, тӗслӗхрен, синтетически сӳс, туса илсе, унпа усӑ курас тӗлӗшпе, ҫавнашкалах производство циклне кӗскетекен тата чӗртавар расходлассине чакаракан перекетлӗ

(Малалли 3-мӗш страницӑра).

# ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе

# КПСС XX-мĕш СЪЕЗЧĔ ПАРАКАН ДИРЕКТИВĂСЕМ

(Пуçламăшĕ 1-мĕшпе 2-мĕш страницăсенче).

технологи процесĕсем туса хатĕрлес тĕлĕшпе наукăпа тĕпчев ĕçне анлăн сарса ямалла. Пир-авăр, промышленноçĕпе çăмăл промышленность предприятийĕсенче чĕртавар тăкакĕсене чылай чакармалла.

1956—1960 çулсенче капитальнăй строительство шутĕнчен арлакан йĕке 3.166 пине яхăн, 95 пин тĕртекен станок, çавăн пекех 255 пин тонна искусственнăй сӳс тата 85 миллион мăшăр атă-пушмак туса кăларма кирлĕ производство хăвачĕсене ĕçе кĕртмелле.

21. Апат-çимĕç промышленноçĕнче ялхуçалăх чĕртаварĕсен ӳссе пыракан ресурсĕсемпе усă курса, апат-çимĕç таварĕсем туса кăларассине малалла ӳстерсе, продукци пахалăхне лайăхлатма, ассортиментне нумайлатма, апат-çимĕç таварĕсен пахалăхне упрамашкăн вĕсене лайăхрах чĕркесе тирпейлеме палăртас.

Выльăх çăвĕ туса кăларассине 56 процент, сĕт продукчĕсем туса кăларассине 2,7 хут ӳстермелле.

Сахăрпа ӳсентăран çăвĕн ресурсĕсене ӳстерме 1956—1960 çулсенче кăшман патокин сахăрне сепаратлă майпа уйăрас, çу кăларакан вăрăсен çăвне экстракци майĕпе уйăрса илес ĕçе анлăн сарса ямалла.

Усă тинĕсре пулă тытас ĕçе вăйлăн аталантарма пулă промышленноçне пулă тытмалли кучухнохи пысăк суднăсем туса парассине малашне те вăйлатса пымалла. Пулă вырăнĕсене шыракан суднăсемпе пулă тытакан пысăк суднăсем çинче радионавигаципе гидроакустика приборĕсем, пулă тытас, тытнă пулла тасатса тирпейлес ĕçсене механизацилемелли чи çĕнĕ оборудовани пулмалла. Пулă промышленноçне пулă тытакан траулерсем памалла, траулерсем çинче шăнтмалли установкăсем, пулла тирпейлесе хатĕрлемелли оборудовани пулмалла, çапла вара пулла суднăсем çинче тирпейлесе, портсене сутма хатĕр продукци илсе пымалла.

Çĕршыври шывсенче пулă запасĕсене упрама, ӳстерсе пыма пулă ĕрчетес тĕлĕшпе мелиораци ĕçĕсене анлăн, комплексла туса ирттермелле, пулă запасĕсем ӳсмелли çутçанталăкри условисене лайăхлатмалла, промышленноçри майсемпе пулă ĕрчетес тата промысла тĕлĕшпе паха пулăсене климата хăнăхтарас ĕçе малалла аталантармалла.

Апат-çимĕç промышленноçĕн пур отраслĕсенче те чĕртаварпа хатĕр продукци тăкакĕсене чылай чакармалла.

Капитальнăй строительство шутĕнчен улттăмĕш пилĕкçуллăхра талăкра 708 пин центнер сахăр кăшманĕпчен тата 2.335 тонна çу кăларакан вăрăран продукци тумалăх, çулталăкра 957 миллион банка пахча çимĕç тата улма-çырла консерви туса кăлармалăх, 300 миллион банка пулă консерви туса кăлармалăх, сменăра 2.279 тонна аш-какай, 313 пин банка аш-какай консерви, 379 пин банка сĕт консерви туса кăлармалăх тата сменăра 2.350 тонна сĕтрен чăкăтпа çу тумалăх производство хăвачĕсене ĕçе кĕртмелле.

## II. Производство процесĕсене механизацилес тата автоматизацилес енĕпе

1. Техникăна малалла аталантарас, ĕç тухăçлăхне ӳстерес тата ĕç условийĕсене çăмăллатас шутпа ĕçе механизацилессин хăвăртлăхне татăклăн вăйлатмалла, промышленноçра производство процесĕсене анлăн автоматизацилемелле.

Промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенче тĕп ĕçсене тата пулăшакан ĕçсене комплексла механизацилессине анлăн туса пымалла. Материалсене тиесе пушатас ĕçе комплексла механизацилесси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

Уйрăм агрегатсене тата ĕçсене кăна автоматизацилениччен цехсене тата технологи процесĕсене автоматизацилесси патне, куçмалла тата производствăна пĕтĕмпех автоматизациленĕ предприятисем тума тытăнмалла. Энергосистемăсенче, нефть промыслисенче тата ытти производствăсенче оборудовани ĕçне инçетрен йĕркелесе тăрас тата контроллессине йĕркелесе тăрассине телемеханизацилес ĕçе малалла пурнăçламалла.

2. Производство процесĕсене комплексла анлăн механизацилеме тата автоматизацилеме палăртнă май çав ĕçсене пурнăçланă вăхăтра технологи процесĕсене çĕнетсе лайăхлатмалла тата производствăна организацилессине аванлатмалла. Çакна пурнăçланă чухне производствăра поток тата татти-сыпписĕр ĕçлес меслетĕн удельнăй виçине чылай ӳстермелле, продукци туса кăларас тĕлĕшпе ĕç вăйĕ расходлассине хамăр çĕршыври тата ытти çĕршывсенчи паха тĕслĕхсен шайне çити чакармалла. Промышленноçа производствăна механизацилемелли тата автоматизацилемелли хатĕрсемпе приборсем çителĕклĕ уйăрса памалла; пур пек оборудованипе тата механизмсемпе усă курассине чылай лайăхлатмалла.

3. Производство процесĕсене механизацилес тата автоматизацилес тĕлĕшпе промышленноçăн отраслĕсем тăрăх çакăн пек тĕп заданисем палăртас.

Хура металлургинче—мартен кăмакисен ĕçне йĕркелессине анлăн автоматизацилемелле, прокат, коксла хими, огнеупор тата метиз тăвакан производствăра технологи процесĕсене комплексла механизацилемелле тата автоматизацилемелле, домна кăмакисен ĕçне йĕркелессине комплексла автоматизацилеме тытăнмалла. Прокат тата трубопрокат тумалли 40 стана автоматизацилемелле. Тимĕр руди тата марганец кăларакан пысăк шахтăсенче çĕр айĕнчи транспорт ĕçне, çĕр айĕнчи тата çĕр çинчи тĕп машинăсемпе механизмсен ĕçне инçетрен йĕркелесе тăрассине пурнăçламалла; хура металлургире руда пахалăхне лайăхлатакан фабрикăсенче производство процесĕсене комплексла автоматизацилемелле.

Тĕслĕ металлургинче—пăхăр промышленноçĕнче отражательнăй тата рафинированнăй кăмакасене автоматизацилесе çитермелле; хура тăхланпа цинк тата никель промышленноçĕнче тата сайра тĕл пулакан металсен промышленноçĕнче шахтăлла кăмакасемпе трубкăлла кăмакасене автоматизацилемелле; рудасен пахалăхне лайăхлатакан пысăк фабрикăсенче рудасене ватмалли, вĕтетмелли тата флотаци тумалли процессене комплексла автоматизацилемелле, çавăн пекех тĕслĕ металлургин тĕп рудникĕсенче производство процесĕсене контроллессине автоматизацилемелле, руда пухассине тата турттарассине, рудана хăпартас ĕçе тата пулăшакан установкăсен ĕçне инçетрен йĕркелесе тăрассине пурнăçламалла.

Çĕр кăмрăк промышленноçĕнче — çĕр кăмрăкĕ кăларас ĕçе комплексла механизацилес тĕлĕшпе кăмрăк кăларакан вырăнсене тĕреклетсе пырассине тата унти конвейерсене куçарассине анлăн механизацилемелле,—кăмрăк сийĕ сĕвек те тайлăк вырăнта кăмрăк кăларнă чухне кăмрăк тиес ĕçе механизацилессине ӳстермелле, çак ĕçе пуринчен малтан Донецк, Кузнецк, Караганда бассейнĕсенче туса пĕтермелле. Çĕр кăмрăкĕ тиессине тата кăмрăк кăларма хатĕрленĕ чухне тухакан тăпрана тиессине механизацилесе çитермелле. Шахтăсенче, рудасен пахалăхне лайăхлатакан фабрикăсенче çĕр айĕнчи тата çĕр çинчи машинăсемпе механизмсене анлăн автоматизацилемелле тата вĕсен ĕçне инçетрен йĕркелессине мĕнпур майсемпе туса пымалла. Çĕр кăмрăк разрезĕсенче, хăватлă оборудованипе усă курса, ĕçе комплексла механизацилемелле. Шахтăсене металпа тата тимĕр-бетонпа тĕреклетессине чылай ӳстермелле, çак ĕçре йывăç расходлассине чакармалла.

Фрезерлесе торф кăларас, çавăн пекех муклашкаллă торф кăларас, типĕтме сарас, пухас тата тиес ĕçсене, транспортри, шурлăхсене хатĕрлес тата пулăшакан ĕçсене комплексла механизацилесе çитермелле.

Нефть промышленноçĕнче—нефть скважинисем тунă чухнехи ангарса хăпартмалли операцисене анлăн механизацилемелле тата автоматизацилемелле; промысласенче тĕп ĕçсене автоматизацилесе çитермелле; нефтьрен тĕрлĕ япаласем туса кăларакан заводсенче производство процесĕсене контроллес тата йĕркелес ĕçе анлăн автоматизацилемелле, çĕнĕрен лартакан заводсенче—комплексла автоматизацилемелле. Хăшпĕр çĕрте нефть тата шыв скважинисене, нефтепроводсемпе газопроводсене инçетрен контроллесе тата вĕсен ĕçне пĕр вырăнтан йĕркелесе тăрассине пурнăçламалла.

Электростанцисем енĕпе—гидроэлектростанцисен ĕçне телемеханикăпа йĕркелесе тăрассине туса çитермелле; çитес 2—3 çул хушшинче тĕп энергетика системисемпе пысăк подстанцисен ĕçне телемеханикăпа йĕркелемелле тумалла. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра туса лартма тытăнакан ăшăпа ĕçлекен пур электростанцисене те комплексла автоматизацилемелле.

Машиностроенире — производство процесĕсене, пуринчен малтан чугунпа хурçă шăратакан тата тимĕрçĕ-пресс производствинче ĕçе механизацилессине чылай ӳстермелле. Шултра серийлĕ тата массăлла производствăра термически кăмакасен ăшă режимне пĕтĕмпех автоматизацилемелле; шăратса хатĕрленĕ модельсем тăрăх чугунпа хурçă шăратакан комплексла механизациленĕ цехсем тумалла. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра автоматла тата çурма-автоматла линисемпе цехсем 220-рен кая мар ĕçе кĕртмелле.

Электротехника промышленноçĕнче — электродвигательсем пухас ĕçе автоматизацилемелле тата кабельсем тăвас ĕçе механизацилемелле.

Радиотехника промышленноçĕнче — радиоаппаратура тата вакуум приборсем валли массăлла детальсем туса кăларассине анлăн механизацилемелле тата автоматизацилемелле.

Хими промышленноçĕнче — цехсемпе заводсене, пуринчен малтан кӳкĕрт кислотипе азот кислоти тата кальцинированнăй сода тăвакан заводсене комплексла автоматизацилеме тытăнмалла; кӳкĕрт кислоти туса кăларакан автоматизациленĕ цех лартмалла тата ăна ĕçе кĕртмелле.

Строительствăра—çĕр чавса купалас, материалсем тиесе пушатас, çавăн пекех конструкцисене монтаж тăвас ĕçе тĕпрен илсен комплексла механизацилесе çитермелле; штукатурка тăвас, сăрлас тата ытти строительство ĕçĕсене комплексла механизацилессине пур майсемпе те аталантармалла.

Строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра—руда мар йышши строительство материалĕсем кăларассине комплексла механизацилемелле. Цемент промышленноçĕнчи производствăри технологи процесĕсене анлăн автоматизацилемелле, шифер, керамика изделийĕсем, радиаторсем, санитарипе техникăлла оборудовани тата ытти япаласем туса кăларас ĕçе ытларах механизацилемелле тата çав производствăра поток меслечĕпе анлăн усă курмалла.

Вăрман промышленноçĕнче—йывăç касса хатĕрлемелли тĕп ĕçсене комплексла механизацилесе çитермелле, пулăшмалли ĕçсене анлăн механизацилемелле; касса йăвантарнă йывăçсене сыпăлламалли йывăр ĕçĕн ытларах пайне йывăç турттаракан çулсемпе пĕрене тиесе ăсатмалли базăсен анатри склачĕсенче туса пымалла; анатри складсенчи ĕçсене комплексла анлăн механизацилемелле. Вăрман турттарнă çĕрте автотягачсемпе тата грузсем нумай тиекен, вăрманта лайăх çӳрекен автомобильсемпе усă курма тытăнмалла. Вăрман хатĕрлевĕнчи энергетика базине çирĕплетмелле, çакна йывăç каяшĕсем çунтарнипе ĕçлекен электростанцисем лартнипе пурнăçламалла.

Хут тата йывăç япаласем тăвакан промышленноçра—целлюлозăпа гидролиз производствинче тĕп технологи процесĕсене автоматизацилемелле, çав производствăри участоксемпе цехсене комплексла автоматизацилемелле; сĕтел-пукан производствинче автоматла тата çурма-автоматла линисем туса пурнăçа кĕртмелле.

Пир-авăр промышленноçĕнче—пилĕкçуллăх хушшинче пир тĕртекен автоматлă станоксен хисепне, пир тĕртекен мĕнпур станоксемпе танлаштарсан, 60 процента яхăн çитермелле; пир-авăра шуратса тасатас тата сăрлас ĕçре поток меслечĕпе тата тĕрлĕрен агрегатсемпе усă курмалла, производство процесĕсене йĕркелессине автоматизацилемелле, çавăн пекех пир-авăр предприятийĕсенче ĕç вăйĕ нумай ыйтакан процессене комплексла механизацилемелле; чĕрĕ çĕр мамăкне тасатакан заводсемпе çĕр мамăкĕ хатĕрлекен пунктсенчи йывăр ĕçсене механизацилесе çитермелле.

Тир-сăран тата атă-пушмак промышленноçĕнче—алăпа тăвакан операцисене малалла чакарса пымалла, тир-сăран тăвас, атă-пушмак çĕлес ĕçре автоматла тата çурма-автоматла линисем тумалла.

Апат-çимĕç промышленноçĕнче—пулă тытас тата пулла тасатса тăварлас ĕçе комплексла механизацилессине ӳстермелле, пулă завочĕсенче пуринче те пулла йышăнас тата ăна тасатса тăварлас ĕçе механизацилемелле, пулла тасатса тăварламалли автоматла линисем 600-тен кая мар пулмалла.

Кондитерски тата çăкăрпа булка туса кăларакан потокла автоматла тата çурма-автоматла линисем 400-тен кая мар туса лартмалла.

Шултра тата вăтам аш-какай комбиначĕсенче выльăхсене механизациленĕ потокла пусса тирпейлемелле тумалла, çавна май пилĕкçуллăхра 400 конвейер линийĕ лартмалла. Уселмсу тумалли 1.500 автоматла поток линийĕ туса ĕçе кĕртмелле.

4. Производство процесĕсене план тăрăх автоматизацилес тата промышленность предприятийĕсене ĕçе автоматизацилеме кирлĕ приборсемпе оборудовани çителĕклĕ хатĕрлес тĕлĕшпе промышленноçăн мĕнпур отраслĕсенчи производство процесĕсене автоматизацилемелли малашлăх план тума кирлĕ тесе шутлас.

## III. Промышленноçра специализацилес тата кооперацилес енĕпе

1. Обществăлла ĕç тухăçлăхне ӳстерес, производствăри тăкаксене чакарас тата продукци пахалăхне лайăхлатас шутпа улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленноçра специализацилес тата кооперацилес ĕçсене анлăрах сармалла, специализациленĕ предприятисенче производствăна массăлла поток меслечĕпе йĕркелемелле. Специализациленĕ предприятисенче çĕнĕ технологипе усă курса, стандартлă, нормализациленĕ тата пысăк детальсемпе узелсем, изделисем туса кăлармалла. Отрасльсене, предприятисене тата детальсемпе узелсем, изделисем туса кăларассине министерствăсемпе уйрăм предприятисем хушшинче тĕрĕс вырнаçтарса тухмалла.

Çĕршывăн экономикăлла тĕрлĕ районĕсенче специализациленĕ предприятисем тумалла, çав ĕçре экономикăлла районсенчи тата промышленность вăйлă аталаннă центрсенчи предприятисене кооперацилессине асра тытмалла.

2. Промышленность предприятийĕсене шăратнă чугун тата хурçă парса тăма улттăмĕш пилĕкçуллăхра шăратакан специализациленĕ 23 завод тума палăртас, вĕсенче çĕнĕ техника вырнаçтармалла, çав заводсенче çулталăкне пĕтĕмпе 1.500 пин тонна шăратмалла, специализациленĕ цехсем тумалла, вăл шутра:

центрти районсенче—шăратакан виçĕ заводран кая мар тумалла, вĕсен çулталăкне пĕтĕмпе 110 пин тонна шăратмалла, Шупашкарти трактор пайĕсем тăвакан заводра çулталăкне 40 пин тонна шăратакан специализациленĕ цех тумалла;

Уралта—шăратакан тăватă завод тумалла, вĕсен çулталăкне пĕтĕмпе 200 пин тонна шăратмалла, çавăн пекех Уралмашзаводра çулталăкне 60 пин тонна шултра отливкăсем шăратакан цех тумалла;

Хĕвеланăç тата Хĕвелтухăç Çĕпĕрте—шăратакан 6 специализациленĕ завод тумалла, вĕсен çулталăкне пĕтĕмпе 400 пин тонна шăратмалла;

Казахстанри районсенче—шăратакан 3 цех тумалла, вĕсенчен иккĕшĕнче—Петропавловск хулинчи прокат оборудованийĕ кăлармалли çĕнĕрен тăвакан заводра çулталăкне 45 пин тонна чугун тата хурçă шăратмалла, тепĕр цехĕнче—Павлодар хулинчи комбайнсем туса кăлармалли çĕнĕрен лартакан заводра çулталăкне 150 пин тонна шăратмалла;

кăнтăрти районсенче—Кременчугра çулталăкне 70 пин тонна хурçă шăратакан специализациленĕ цех, Çĕнĕ Краматорск заводĕнче çулталăкне 60 пин тонна шултра отливкăсем шăратакан цех тумалла.

Çаксемсĕр пуçне 1956—1958 çулсенче хурçă, чугун тата алюмини шăратакан районти базовăй цехсем, çавăн пекех штамповка тата чеканка меслечĕпе, çурма шĕвек штамповка меслечĕпе тимĕрçĕ заготовкисем туса кăларакан цехсем, 13 заводра хĕсĕ сывлăшпа шăратакан, вĕрине чăтăмлă тата прецизионнăй хурçă шăратакан специализациленĕ цехсем тумалла.

Шăратакан тата тимĕрçĕ-пресс цехĕсем тунă чухне çакна шута илмелле: шăратмалли, поковка тата штамповка тумалли хăватсем машиностроени завочĕсенчи металран механически майпа япаласем тăвакан цехсен хăватĕнчен пысăкрах пулмалла.

3. Хăватлă турбинăсем, генераторсем, прокат станĕсем, вĕтетмелли-авăртмалли ытти оборудовани тума халăх хуçалăхне шултра тата уникальнăй поковкăсем парса тăрас тесе, пилĕкçуллăхра Уралта çулталăкне 120 пин тонна поковка кăларакан тимĕрçĕ-пресс завочĕ, Павлодар хулинчи комбайнсем туса кăлармалли çĕнĕрен лартакан заводра, Петропавловск хулинчи прокат оборудованийĕ туса кăлармалли çĕнĕрен лартакан заводра çулталăкне 95 пин тонна поковка туса кăларакан 2 тимĕрçĕ-пресс цехĕ тумалла.

4. Шăратакан тата тимĕрçĕ-пресс завочĕсем пулнă çĕрте е хальхи вăхăтра çавăн пек заводсем тунă вырăнсенче машиностроени завочĕсенче тимĕрçĕ-пресс тата шăратакан пĕчĕк цехсем тума чарас.

Шăратакан тимĕрçĕ-пресс завочĕсемпе цехĕсене çĕнĕренçĕнĕ оборудовани парса тăрас тесе, çĕршывăн тĕрлĕ районĕсенче шăратмалли оборудовани туса кăларакан, шăратакан тата тимĕрçĕ-пресс цехĕсенчи ĕçе механизацилемелли хатĕрсем туса кăларакан заводсем лартмалла.

5. Пилĕкçуллăхра специализациленĕ заводсемпе цехсенче стандартлă инструментсем тума кирлĕ чухлĕ хăватсем ĕçе ярса, промышленность предприятийĕсем çавăн йышши инструментсем ыйтнине туллин тивĕçтермелле.

6. 1960 çулта специализациленĕ заводсемпе цехсенче тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисем валли запаслă пайсем туса кăларассине 90 процента яхăн ӳстермелле. Автомобильсене агрегат меслечĕпе юсассине производствăна анлăн кĕртмелле, специализациленĕ заводсенче хатĕрленĕ узелсемпе тата агрегатсемпе усă курмалла.

Специализациленĕ заводсенче строительство машинисем валли запаслă пайсем туса кăларассине 4 хутран кая мар ӳстермелле.

7. Метал касмалли тата йывăç каскаламалли станоксем, вăл шутра Минск, Томск, Кострома тата Вологда хулисенче автоматла линисем, специальнăй тата агрегат станокĕсем туса кăлармалли специализациленĕ çĕнĕ заводсем лартмалла. Пилĕкçуллăхра специализациленĕ заводсенче станоксене майлаштарса лартмалли хатĕрсем, ĕç хатĕрĕсем тата тĕрлĕ оснасткăсем туса кăларассине 10 хута яхăн ӳстермелле.

Хĕвеланăç тата Хĕвелтухăç Çĕпĕрте шестернясем, шлицевой тата карданнăй валсем, автомобиль двигателĕсемпе кустăрмисем, çавăн пекех автомобиль радиаторĕсем туса кăларакан специализациленĕ 6 завод лартма палăртас. Металлурги промышленноçĕнче пысăк пахалăхлă метизсемпе фитингсем туса кăларакан специализациленĕ цехсем туса ĕçе ямалла.

8. Çĕршывăн экономикăлла тĕрлĕ районĕсенче, çав районсенчи промышленность предприятийĕсем валли, вĕсем кама пăхăнса тăнине пăхмасăр, электродсем, резинăран, пластмассăсенчен, йывăçран тĕрлĕ йышши детальсем, çирĕплетмеллисем тата ытти изделисем туса кăларакан предприятисемпе цехсем уçмалла.

9. Хăма çуракан тата йывăçран япаласем тăвакан специализациленĕ 15 предприятирен кая мар лартмалла, унта автомобильсем, ялхуçалăх машинисем, вагонсем тума, çавăн пекех сĕтел-пукан предприятийĕсем валли заготовкăсем хатĕрлемелле, 4,5 миллион кубометр хăма çурса кăлармалла.

10. Çĕршыври экономикăлла районсем тата промышленность вăйлă аталаннă центрсем тăрăх промышленноçра специализацилемелли тата кооперацилемелли малашлăх план туса хатĕрлеме кирлĕ тесе шутлас.

(Малалли пулать).

# СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин

## Америкăри „Висион" („Висао") журнал редакторĕн ыйтăвĕсем çине панă ответсем

**Ыйту:** Совет Союзĕ Латинла Америкăри хальхи вăхăтра дипломатилле çыхăнусем тытман çĕршывсемпе çыхăнусем тытма хатĕрленет-и?

**Ответ:** Паллах ĕнтĕ, Совет Союзĕ Латинла Америкăри халĕ дипломатилле çыхăнусем тытман çĕршывсемпе те дипломатилле çыхăнусем тытма хатĕр тăрать. Эпир тĕнчери халăхсем хушшинчи çыхăнусене тата мĕнпур государствăсемпе, çав шутра Латинла Америкăри çĕршывсемпе те, килĕштерсе ĕçлесе пурăнассине аталантарассишĕн тăратпăр.

**Ыйту:** Аргентинăпа, Мексикăпа тата Уругвайпа дипломатилле çыхăнусем тытни Совет Союзне мĕнле усă кӳрет?

**Ответ:** ССР Союзĕпе Аргентина, Мексика тата Уругвай хушшинчи хутшăнусем, пирĕн шутпа, икĕ енне те усă кӳрессĕ. Çав çыхăнусем мире сыхлас тата çирĕплетес ĕç ыйтăвĕсем тĕлĕшпе çак государствăсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине çăмăллатассĕ. Вĕсем ССР Союзĕпе çак çĕршывсем хушшинче экономика, культура тĕлĕшĕнчи çыхăнусемпе ытти çыхăнусене аталантарма пулăшассĕ. Çапла, çăмахран, юлашки вăхăтра Совет Союзĕпе Аргентина хушшинчи суту-илӳ чылай вăйланчĕ. Çакна шанса тăма пулать: пирĕнпе Латинла Америкăри çĕршывсем хушшинчи çыхăнусем малашне те аталанса пырĕç, вĕсем пĕр-пĕриншĕн усăллă пулĕç, тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетме пулăшĕç.

**Ыйту:** Латинла Америкăри çĕршывсен политикăлла пурнăçне хутшăнмастпăр тесе Совет Союзĕ мĕн каласа шантарнă пулĕччĕ?

**Ответ:** ССР Союзĕ урăх государствăсен шалти ĕçĕсене хутшăнмасть, урăх государствăсен те Совет Союзĕн шалти ĕçĕсене хутшăнмалла мар, тесе шутлать. Совет Союзĕн тулашри политики мĕнпур государствăсен,— пысăккисен те, пĕчĕккисен те,—суверенитетне хисеплени çинче, мĕнпур халăхсен наци тĕлĕшĕнчен никама пăхăнмасăр пурăнмалли, государство тĕлĕшĕнчен аталанса пымалли прависене хисеплени çинче никĕсленсе тăрать. Государствăсем, хăйсен обществăлла стройĕ тĕрлĕрен пулсан та, мирлĕ пурăнмалла тата пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлемелле,—çакăн пек ĕнтĕ пирĕн тулашри политикăн паха принципĕ.

Паллах ĕнтĕ, çаксем вĕсем Совет Союзĕпе Латинла Америкăри çĕршывсем хушшинчи хутшăнусенче те пĕтĕмпех пурнăçланса пырассĕ.

**Ыйту:** Совет Союзĕ Латинла Америкăри çĕршывсемпе сутуилӳ тăвассине вăйлатма палăртать-и тата ку тĕлĕшпе мĕнле утăмсем тума шутлать?

**Ответ:** Совет Союзĕ Латинла Америкăри çĕршывсемпе сутуилӳ тăвас ĕçе пĕр-пĕрне усă кӳрекен никĕс çинче аталантарассишĕн тăрать.

**Ыйту:** Совет Союзĕ Латинла Америкăри çĕршывсенчи промышленность ярмаркисене, нумаях пулмасть Буэнос-Айресра пулса иртнĕ евĕрлĕ ярмаркăсене хутшăнма шутлать-и? Промышленность таварĕсемпе пĕрлех унта атом энергине аталантарса пынине кăтартакан экспонатсем те пулĕç-и?

**Ответ:** Совет Союзĕн 1955 çулта Буэнос-Айресра уçăлнă промышленность выставки вăл ССР Союзĕ юлашки вăхăтра ытти çĕршывсенче организациленĕ нумай выставкăсенчен пĕри пулчĕ. Совет Союзĕ, тивĕçлĕ çĕршывсен правительствисен кăмăлĕсене тата вĕсем интереслениине шута илсе, малашне те çавнашкал выставкăсем усĕ тата тĕнчери çĕршывсен ярмаркисене хутшăнĕ. Пулма пултарать, выставкăсемпе ярмаркăсенче атом энергийĕне мирлĕ ĕçсенче усă курнине кăтартса паракан экспонатсем те пулĕç. Совет Союзĕ çавнашкал экспонатсене 1955 çулта Женевăпа Делири выставкăсенче кăтартрĕ те ĕнтĕ.

**Ыйту:** Совет Союзĕ Латинла Америкăри çĕршывсене мĕнле таварсем сĕнме пултарĕччĕ тата Совет Союзĕ çак çĕршывсенче мĕн туянасшăн пулĕччĕ?

**Ответ:** Совет Союзĕ пĕр-пĕрне кирлĕ чухне урăх çĕршывсене тĕрлĕ таварсем сутать. Сăмахран, Совет Союзĕ Латинла Америкăри çĕршывсене тĕрлĕ промышленность оборудованийĕпе машинăсем, çав шутра нефть промышленноçĕ валли оборудовани, уйрăм предприятисем валли комплекслă оборудовани, станоксем, инструментсем, автомобильсем, ялхуçалăх машинисем тăратма пултарĕччĕ. Кирлĕ пулсан, Совет Союзĕ техника парса пулăшма тата специалистсемпе пулăшма, çавăн пекех пĕр-пĕрин промышленноçри, энергетикăри, строительствăри, транспортри тата ялхуçалăхĕнчи опычĕсемпе паллашма пултарĕччĕ. Оборудованипе машинăсемсĕр пуçне Совет Союзĕ Латинла Америкăри çĕршывсене интереслентерме пултаракан ытти нумай таварсем, сăмахран, йывăç материалĕсем тата целлюлозăпа хут изделийĕсем, нефть тата нефть продукчĕсем, хура металсен прокачĕсем, цемент, асбест, сăрăсем, хими таварĕсемпе ытти таварсем сутма пултарать. Пирĕн çĕршыв Латинла Америкăран ялхуçалăх, выльăх-чĕрлĕх, сăрт-ту промышленность продукчĕсем илсе тăма пултарĕччĕ. ССР Союзĕпе нумай çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕринпе таварсем улăштарса илни çак ĕç пĕр-пĕриншĕн усăллă тата вырăнлă пулнине кăтартса пачĕ.

**Ыйту:** Совет Союзĕ Латинла Америкăри çĕршывсемпе тăвакан суту-илӳре правительствăсемпе е уйрăм пĕрлешӳсемпе тата уйрăм çынсемпе ĕçлĕ çыхăнусем тытасшăн пулĕччĕ-и?

**Ответ:** Хăйĕн тулашри суту-илĕвĕнче Совет Союзĕ государство организацийĕсемпе те, çавăн пекех уйрăм пĕрлешӳсемпе тата уйрăм çынсемпе те ĕçлĕ çыхăнусем тытать.

**Ыйту:** Совет Союзĕ Латинла Америкăри çĕршывсене çынсем яма тата унтан пыракансене йышăнма шутлать-и?

**Ответ:** Çапла, шутлать.

**Ыйту:** Совет Союзĕ Латинла Америкăн Европăна пыракан авиалинийĕсене Совет Союзĕнчи хуласемпе çыхăнтарма ирĕк парасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухмĕ-и?

**Ответ:** Ку ыйтăва ятарласах пăхса тухас пулать, мĕншĕн тесен кунта конкретлă условисем тата каласса татăлакан енĕсен ыйтăвĕсем тĕп вырăн йышăнса тăрассĕ.

# Чаплă малашлăхсем

ТАШКЕНТ, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Ташкентри Сталин ячĕпе тăракан пир-авăр комбиначĕн клубĕсенче, хĕрлĕ кĕтесĕсенче, общежитисенче çынсем уйрăмах нумай. Рабочисемпе служащисем ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан директивăсен проектне радио тăрăх итленĕ.

— КПСС Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ çав тери пысăк плансем çинчен,—тенĕ паллă ткачиха, Узбек ССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ С. Пулатова,—эпир чунтан савăнса пĕлтĕмĕр. Директивăсен проекчĕн кашни йĕркинче эпир хамăрăн аслă малашлăха куратпăр. Совет халăхĕ çĕнĕ хуласем, заводсем, фабрикăсем, шахтăсем, домнăсем, электростанцисем туса лартать. Çоçенхирсем часах чечекленсе еперекен оазиссем пулса тăрассĕ. Ленин хушса хăварнисене пурнăçа кĕртсе пырса, пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ йывăр индустрие малалла вăйлатас ĕç çине нимĕнрен те тимлĕрех пăхать, унăн никĕсĕ çинче совет халăхĕн пурнăçне пĕрмаях лайăхлатса, унăн культурине ӳстерсе пырать.

Сталин ячĕпе тăракан комбинатăн главнăй инженерĕ Б. Костин çапла каланă:

— КПСС XX-мĕш съезчĕн директивисен проекчĕнче калама çук пысăк задачăсем палăртса хунă. Халăх интересĕсене яланах асра тытакан Коммунистсен партийĕ, йывăр промышленноçа ыттисенчен ытларах аталантарса пырса, халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине малалла ӳстерме палăртать. Пирĕн предприяти коллективĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен пурнăçларĕ, планран ирттерсе 100 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ. Эпир çак çитĕнӳсене çирĕплетсе хăвартăмăр.

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан директивăсен проектне Ташкентри железнодорожниксем, Ангренри горняксем, Андижанри нефтяниксем, Беговатри металлургсем те пурте хĕрӳллĕн ырлассĕ.

# Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX-мĕш съезчĕ паракан директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕн проектне совет халăхĕ хавасланса кĕтсе илчĕ

## Механизаторсен митингĕнче

ЧКАЛОВСКИ. Партин XX-мĕш съезчĕ СССР Союзĕн халăх хуçалăхне улттăмĕш пилĕкçуллăхра аталантарас тĕлĕшпе панă директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕн проектне районти ĕççыннисем хăйсен кĕрешӳ программи вырăнне йышăнса кĕтсе илчĕç. Районти колхозниксемпе механизаторсем, мĕнпур совет çыннисем пекех, улттăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăх умне лартнă задачăсене пурнăçлассишĕн вăй-хала хĕрхенмесĕр ĕçлеме сăмах параççĕ.

Районти колхозсем иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче тухăçлă тырпул—вăтам шутпа гектар пуçне 13,4 центнер тĕштырă туса илчĕç. Ялхуçалăх ĕçченĕсем, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, кăçал кашни гектартан тĕштырă 15 центнер, çĕрулми—150 центнер, кукуруза масси—300 центнер туса илме сăмах параççĕ. Выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем хушшинче кăçал районта кашни 100 гектар çĕр пуçне 55 центнер сĕт, 15 центнер аш, 2 пин çăмарта илессишĕн ăмăрту сарăлчĕ.

Районти колхозсем хăйсем çине илнĕ обязательствăсене ăнăçлă пурнăçа кĕртесси вăл машина-трактор станцийĕнчен нумай килĕт. Механизаторсем çуракине тĕплĕн хатĕрленсе çитме, вăйлă тырпул ӳстерсе пухса кĕртес ĕçре колхозниксене активлăн пулăшма пулаççĕ. Партин облаçри XXVI-мĕш конференцийĕ уçăлнă кун тĕлне вĕсем 58 трактор юсаса кăларчĕç.

Январĕн 16-мĕшĕнче, кăнтăрлахи кану вăхăтĕнче, МТС-ра митинг пулчĕ. Унта чи малтан партбюро секретарĕ М. Петров юлташ тухса каларĕ. Вăл Совет Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан директивăсем КПСС Центральнăй Комитечĕн проекчĕ çинчен каласа пачĕ.

— СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли директивăсен проектĕнче ялхуçалăхне хăватлăн çĕклентерме палăртнă. 1960 çулта çĕршывра 11 миллиард пăт тĕштырă туса илмелле, аш-какай, сĕт-çу туса илессине икĕ хут ӳстермелле. Çак пысăк задачăсене пурнăçа кĕртессишĕн пирĕн колхозниксемпе пĕрле çине тăрса кĕрешмелле.

Участокри механик И. Артемьев юлташ сăмах илет. Вăл МТС коллективĕ, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, пысăк обязательствăсем йышăнни çинчен калать. Механизаторсем, иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче тунă çитĕнӳсене ĕçре çирĕплетсе, кăçал кашни 15 лаша вăйлă трактор пуçне вăтам шутпа 670 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тума, «Сталинец-6» комбайнпа 300 гектар, «Коммунар» комбайнпа—100 гектар тырпул пухса кĕртме, сложнăй молотилкăпа 500 тонна авăн çапма пулаççĕ.

Механизаторсем КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе сарăлнă социализмла ăмăртура пысăк çитĕнӳ тума, çитес çуракине пур енĕпе те тĕплĕн хатĕрленсе çитме йышăнчĕç.

Т. ИВАНОВ.
(Хамăр корр.).

## Аслă ĕçсен программи

Шупашкарти трактор пайĕсем тăвакан завод строительствин виççĕмĕш площадкинче пĕр вăхăтра темиçе хутлă чул суртсем тăваççĕ. Вĕсем пурăнмалли суртсем пулаççĕ.

Строительсем ĕçе ирех тухрĕç. Пурте Мускавран радиопа пĕлтернĕ савăнăçлă хыпар çинчен хавасланса калаçаççĕ.

— Партин XX-мĕш съезчĕ СССР Союзне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕн проектне радиопа панине чĕререн хавасланса итлерĕмĕр,—тет каменщиксен бригадин бригадирĕ В. Сорокин юлташ.—Партин XX-мĕш съезчĕ халăх хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе питĕ пысăк ĕçсем туса ирттерме палăртать. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра пирĕн çĕршывра тĕнчери чи пысăк гидроэлектростанцисемпе предприятисем туса пĕтерсе ĕçе ямалла. Вăл шутра эпир халĕ тăвакан завод та ĕçе кĕмелле. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра пурнăçламалли аслă программăна эпир чĕререн кăмăлласа ырлатпăр. Мĕнпур вăя хурса ĕçлеме пулатпăр.

Директивăсен проекчĕ çинчен каласнă май, чылай рабочисем съезд умĕнхи социализмла ăмăртăва вăйлатма пулчĕç. Е. Ефимов, В. Михайлов юлташсем ертсе пыракан плотниксен бригадисем тата каменщиксен В. Юхтанов юлташ ертсе пыракан бригади халĕ сменăри задание илан 130—140 процент таран тултарса пыраççĕ.

— Пирĕн строительсем съезд уçăлнă кун тĕлне 67 хваттерлĕ çурта купаласа тата витсе çитерме, çак площадкăри 2-мĕш çурта тунă çĕрте 50 кубометр чухлĕ тимĕрпе бетон ĕçĕсем тăвассишĕн кĕрешеççĕ,—тет аслă прораб М. Самохин юлташ.

## Малта пыракан рабочи сăмахĕ

КАНАШ, январĕн 16-мĕшĕ. (Телефонпа). Хулари ĕççыннисем Совет Союзĕн халăх хуçалăхне улттăмĕш пилĕкçуллăхра аталантармалли план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕн проектне радио тăрăх панине пысăк хаваслăхпа итлерĕç. Директивăсенче палăртнă задачăсем кашни рабочипе колхозника, пирĕн çĕршыври кашни ĕççыннине савăнтараççĕ.

— Эпир иртнĕ пилĕкçуллăхра пысăк çитĕнӳсем турăмăр,—тет вагонсем юсакан заводри тимĕрçĕ цехĕнчи паллă прессовщик И. Лашманов.—Халиччен тунă ӳсĕмсем пысăк пулин те, эпир, совет çыннисем, тунă ӳсĕмсемпе лăпланса лармастпăр. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе хамăр çĕршывра коммунизм туса çитерессишĕн мĕнпур вăя хурса тăрăшăпăр. Улттăмĕш пилĕкçуллăх—çĕнĕ çитĕнӳсем тумалли пилĕкçуллăх пулĕ.

Лашманов юлташ иртнĕ пилĕкçуллăхра 13 çул нормине тултарнă. Халĕ вăл, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ăмăртăва хутшăнса, сменăра 2—3 норма тултарать.

Ку цехри ытти рабочисемпе работницăсем те ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне икĕ уйăх заданине тултарассишĕн ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ

Х. ЛИСИН.

## Коммунизм строительствинчи çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн хавхаланса ĕçлеме пулаççĕ

СЕНТЕРВĂРРИ. (Хамăр корр.). СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕн проектне хулари тата районти ĕççыннисем пысăк çĕкленӳпе итлерĕç.

— Пирĕн завод пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх планне тăватă çултах пурнăçланă. Пĕлтĕр, çулталăкри планран иртерсе, пĕр миллион тенкĕлĕхе ытларах продукци туса кăлартăмăр. Халĕ завод коллективĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе йышăннă обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешет,—тет урапа-çуна тăвакан завод директорĕ Кузовчиков юлташ.

— Директивăра Шупашкар ГЭС-не тăвасси çинчен калани пире питех те савăнтарчĕ. Атăл çинче тепĕр пысăк гидроэлектростанци туни пирĕн республика хуçалăхне малалла аталантарма нумай пулăшĕ. Директивăсен проекчĕ пире коммунизм строительствинче вăя шеллемесĕр ĕçлеме хавхалантарать,—теççĕ районти ĕççыннисем.

## *Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ*

## Чăваш АССР Верховнăй Советне пухасси çинчен

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ çапла йышăнать:

Чăваш Автономиллĕ Советлă Социализмлă Республикин тăваттăмĕш созыври Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессине 1956 çулхи февралĕн 9-мĕшĕнче Шупашкар хулинче пухас.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ Д. МИТЬКОВ.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ А. ИЗМАЙЛОВ.
Шупашкар хули, 1956 çулхи январĕн 16-мĕшĕ.

## Воскресник ирттернĕ

ЧУРАЧĂК. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче Сталин ячĕпе тăракан колхоз палăрмалла ӳсĕмсем турĕ. Вăтам шутпа кашни гектартан 14,5-шер центнер тĕштырă пухса кĕртрĕ, 30 гектар çине акнă кукуруза пысăк тухăçлă пулнă, гектартан 530-шар центнер симĕс масса туса илнĕ. Колхозри выльăх-чĕрлĕх пăхакансем тунă ӳсĕмсем те пысăк.

Колхоз ĕçченĕсем партин XX-мĕш съездне çуракине кăтартуллăн хатĕрленсе çитнипе паллă тума хатĕрленеççĕ. Уй-хире пин тонна ытла тислĕк кăларнă. Ку тĕлĕшпе комсомолецсемпе çамрăксем пуçаруллă ĕçлеççĕ. Çак кунсенче вĕсем ятарласа воскресник ирттерчĕç, пĕр кун хушшинче уй-хире 130 лав тислĕк кăларчĕç. 198 гектар çинче юр тытрĕç.

Г. МИХАЙЛОВ.

# Республикăри хуласемпе ялсенче

## Ĕç вахтинче

КУСЛАВККА. Суртсем тăвакан заводри хăма çуракан цехра Н. Желтухин рамщик ĕçлет. Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ĕç вахтине тăрса, вăл нормăран ирттерсе 200 кубометр хăма çурма сăмах пачĕ.

Желтухин юлташ—комсомолец. Вăл заводра 1950 çултанпа ĕçлет. Н. Харитонов, И. Ларионов, А. Нигматуллин рабочисем пулăшнипе тата бригадăра вĕреннипе вăл рамщик пулса тăчĕ. Чылай опыт туянчĕ. Каярахпа ăна Совет çарне илнĕ.

Çартан таврăнсан Желтухин юлташ каллех рамщик пулса ĕçлеме тытăннă. Ĕçленĕ вăхăтрах вăл рабочи çамрăксен каçхи вăтам шкулĕнче вĕренет.

Çак кунсенче пĕрене сĕтĕрекен пĕр механизмăн сăнчăрĕсем таталнă пулнă, ун пирки хăшпĕр рамăсем чарăнса ларнă.

— Мана сăнчăрсене сыпма ярăр—ыйтнă Желтухин юлташ механикран. Механик килĕшнĕ. Рамщик тăрăшнипе аварие хăвăрт пĕтернĕ, хăма çуракан смена хăйĕн заданине ирттерсе тултарнă. Желтухин юлташ хăйĕн обязательствине чыслăн пурнăçласа пырать, нормăпа тăтăшах 110—115 процент тултарать.

Активлă производственник общественнăла ĕçе те хастарлăн хутшăнать. Вăл завком членĕ, рационализаципе изобретательство комиссине ертсе пырать, малта пыракан опыта пĕтĕçтерсе сарассишĕн, рационализаторсемпе изобретательсем валли паха майсем туса парассишĕн кĕрешет. Вăл çамрăк рамщиксене хăйĕн ĕç меслечĕпе паллаштарать, тивĕçлĕ пулăшу парать. Кунсăр пуçне вăл—агитатор. Унăн производствăри паха меслечĕсем тата хĕрӳллĕ сăмахĕсем ыттисене хавхалантараççĕ.

Дирекци, партбюро тата завком Н. Желтухин юлташăн пархатарлă ĕçне Хисеплĕ грамота парса хакларĕç.

М. АЛЕКСАНДРОВ.

Укерчĕк çинче: Н. Желтухин ĕçре.

### ВЕНИАМИН ФРАНКЛИН ÇУРАЛНĂРАНПА 250 ÇУЛ ТУЛТАРНИНЕ ПАЛЛĂ ТУНИ

Январĕн 17-мĕшĕнче Америкăри паллă ученăй, политикăлла тата государство деятелĕ Вениамин Франклин çуралнăранпа 250 çул тултарчĕ. Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен республикăри комитет, Чăвашоблпрофсовет, политикăлла тата наукăлла пĕлӳсем саракан обществăн республикăри уйрăмĕ Шупашкарта январĕн 16-мĕшĕнче пуху ирттерчĕç. Пухăва предприятисемпе учрежденисенчи рабочисемпе служащисем, шкулсемпе техникумсенче тата институтсенче вĕренекенсем нумай пухăнчĕç.

## *Тăвай районĕнчен килнĕ хыпарсем*

* Кашни килте—Ильич лампи. Молотов ячĕпе тăракан колхоз организацине хуçалăх енĕпе вăйланса пырать. Иртнĕ çул кунта радиоузел ĕçлеме пуçларĕ. Çĕнĕ çул умĕн Эльпуçпе Çĕнĕ Çырма ялĕсенчи колхозниксен килĕсене электричество кĕртсе пачĕç. Çитес кунсенче Урмаkассипе Нюшкассинче те Ильич лампочкисем çутатма пуçлаççĕ.

* Çыхăну уйрăмĕнчи строительство. Районти çыхăну уйрăмĕ иртнĕ çул Мучарти çыхăну уйрăмĕн çуртне тĕпренех юсарĕ. Кăçал строительство енĕпе пысăкрах ĕçсем тума палăртнă. Тăрмăш ял Советĕнчи çыхăну уйрăмĕ валли çĕнĕ çурт тумалла, районти çыхăну уйрăмĕн çуртне юсамалла.

* 502,210 тенкĕ выляв укçи. Районти перекет касси ĕççыннисене государство заемĕсем тăрăх выляв укçи нумай тӳлет. 1955 çулта 4.120 çынна 502.210 тенкĕ тӳленĕ. Виçĕ çын 10-шар пин тенкĕ выляса илнĕ. Январь уйăхĕнчи 10 кун хушшинче кăна ĕççыннисене 70 пин тенкĕ выляв укçи тӳлерĕç.

* Кварталти плана—7 кун хушшинче. Мучарти çыхăну уйрăмĕ çумĕнчи перекет кассин агентстви (контролерĕ Т. Шибалова юлташ) вкладсем йышăнмалли пĕрремĕш квартал планне 7 кун хушшинче 152 процент тултарчĕ.

А. НИКОЛАЕВ.

Учительсен пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлекен институтпа Учительсен çуртĕ çак кунсенче шкул ачисен изобразительнăй творчествин выставкине туса ирттернĕ. Ачасен чи лайăх ĕçĕсене Мускавра уçăлакан выставкăна яраççĕ, ыттисене Учительсен çуртĕнчи педагогика выставки валли хăварнă.

Укерчĕк çинче: Шупашкар хулинчи вĕренекенсем шкул ачисем туса хатĕрленĕ япаласене пăхаççĕ.

А. Костин фотоӳкерчĕкĕ.

## Ăста газосварщик

Механически цеха вăтам çулхи çын пырса кĕчĕ. Кунта ĕç шавĕ ытти çĕртисенчен урăхларах та вăйлăрах пулин те рабочисем ăна çийĕнчех асăрхарĕç. Цехна иртсе пынă май кашниех сывлăх сунса саламлать.

— Кунта та сирĕнсĕр йывăр, ĕçе пĕтерсех килтĕр-и?—терĕ ăна цех начальникĕ.

— Пĕтертĕм. Эрне срок панăччĕ, цехран тухмасăр ĕçлерĕм, туса пĕтертĕм,—ответлерĕ халĕ çеç пырса кĕнĕ рабочи.

— Андрей Васильевич Кузнецов ĕçе тытăнать, цехра чи лайăх газосварщик пулать,—терĕç рабочисем.

А. Кузнецов—газосварщик. Заводра кирек хăш цехра та ăна ырă ятпа асăннине сахал мар илтнĕ эпир. Унăн яланхи ĕç вырăнĕ те çак цехра. Ăçтан килчĕ, ăçта пулнă-ха апла вăл çак кунсенче? Эрне тумалли ĕçе виçĕ кунта туса пĕтернĕ. Ун çинчен пирο хăй каласа пачĕ.

Пир-авăр комбинатĕнче инкек пулнă. Производствăна энерги парса тăмалли çĕрте пысăк пăхăр кăшăл таталса кайнă. Вăхăтра сыпмасан тата пысăк сиен пулма пултарать. Пăхăра газпа хĕртсе шăратса сыпма питех те ăста специалист кирлĕ. Ку ĕçе тума газосварщиксем килĕшмен.

— Пăхăр 1.083 градус вĕрипе шăранса шĕвелет. Ăна сыпма латунь кирлĕ. Латунь 600 градусра шăранать. Икĕ тĕрлĕ метала пĕр пек хĕртсе сыпасси йывăр ĕç,—тет А. Кузнецов юлташ.

Çак йывăр та ответлă ĕçе тума чĕнесçĕ ăна.

Цехран тухмасăр, канмалли кунсене пăхмасăр ĕçлет вăл комбинатра. Хăйне шанса панă ĕçе тăрăшса туса пĕтерет. Унăн ĕçне лайăх хак парса йышăнаççĕ.

Акă халĕ вăл пĕр тăхтаса тăмасăр каллех тăван завода ĕçлеме таврăнчĕ.

Шупашкарти электроаппаратсем тăвакан заводра Андрей Васильевич 1946 çултанпа ĕçлет. Çиччĕмĕш разрядри газосварщик, заводра пĕртен-пĕр специалист. Кунта вăл цокольсене, катушкăсене, контакторçене, кăткăс аппаратсем тумалли ытти нумай тĕрлĕ детальсене шăратса çыпăçтарать. Ĕçре хакдă йышши металсемпе усă курма тивет. Çăвăнпа вăл кашни грамм тĕслĕ метала тирпейлĕ тытма тăрăшать. Пĕлтĕр кĕмĕл, пăхăр, латунь тата ытти металсене перекетлеме май паракан рационализаторла икĕ сĕнӳ панă.

— Электроаппаратсем тунă çĕрте ĕçлекен газосварщикăн кăткăс чертежсене ăста вулама, вĕсем тăрăх ĕçлеме, çыпăçтарассине вара çирĕп те илемлĕ тума пĕлмелле. Ку тĕлĕшрен пирĕн газосварщик мухтава тивĕçлĕ, завод маркине таса тытассишĕн çирĕп кĕрешет,—тет ун çинчен цех начальникĕ Н. Стотланд юлташ.

Пысăк квалификациллĕ ăста специалист пулма çăмăлах пулман А. Кузнецов юлташа. 1929 çулта Куйбышевра, каярахпа Мускавра слесарь пулса ĕçленĕ вăл. Кунта Мускав урамĕсем тăрăх вуншар километр тăршшĕ пăрăх хывнă. 1934 çулта ăна Владивостока ĕçлеме куçараççĕ. Çакăнта вĕренет ĕнтĕ вăл газосварщик ĕçне. Инçет Хĕвелтухăçĕнчи хулара ун пек специалистсем чылай кирлĕ пулнă ун чухне. Ĕçрен уйрăлмасăр пĕр çул чăтăмлăн вĕреннĕ хыççăн ăна хăйне вĕрентнĕ мастер вырăнне лартаççĕ. Çавăнтанпа А. Кузнецов юлташ газосварщик. Хулари водопроводăн тĕп магистральне тунă чухне вăл утмăл километр ытла пăрăх шăратса çыпăçтарать. Тĕрлĕ условисенче ĕçлесе хăйĕн пĕлĕвне, квалификацине ӳстерсе пырать.

Шупашкарти электроаппаратсем тăвакан завода ĕçлеме куçсан ăна ответлă, кăткăс заданисене пурнăçлама хушаççĕ.

— Эпир тунă, пирĕн алă витĕр тухнă аппаратсем çĕршыври хăватлă гидроэлектростанцисенче, пысăк вольтлă электролинисем çинче пулни пире чĕререн савăнтарать, тата лайăхрах ĕçлеме хавхалантарать,—тет А. Кузнецов юлташ.

Пархатарлă ĕç çынна мухтав кӳрет, хисеплĕ те савăнăçлă тăвать. Кузнецов юлташ портретне яланах заводри Хисеп хăми çинче куратăн. Ăна темиçе хутчен Хисеп грамоти, укçа, сехет парса премилеççĕ, чыслаççĕ.

Паллă газосварщик лайăх производственник çеç мар, вăл общественнăла ĕçе те активлăн хутшăнать. Шупашкар хула Совечĕн депутачĕ пулнă май приемнăйра суйлавçăсене йышăнать, вĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлет. Иртнĕ кĕркунне цехри коммунистсем ăна тата тепĕр пысăк ĕç шанса панă. Халĕ вăл цехри парторганизаци секретарĕ, заводри партком членĕ.

Ĕç нумайланнă пулин те А. Кузнецов юлташ коммунистсем шанса панине тивĕçлипе туса пыма тăрăшать. Цехра партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăрту куллен вăйланса пырать. Ку тĕлĕшпе коммунистсем паха тĕслĕх кăтартаççĕ.

Хĕллехи вăрăм каç. Эпир заводпа хирĕçех кăçал туса пĕтернĕ тăватă хутлă çурта кĕретпĕр. Çулти хутра, 10-мĕш хваттерте Андрей Васильевич Кузнецов çемйи пурăнать. Кил хуçи ĕçрен таврăннă хыççăн сĕтел хушшине ларнă. Умра тĕрлĕ учебниксем.

— А. Фалькевичпа В. Черняк çырнă «Газовая сварка и резка» кĕнекене вулатăп-ха. Çĕнĕ çулта манăн çĕнĕ ĕмĕтсем. Квалификацие ӳстернипе пĕрлех вăтам шкула вĕренме кĕрессшĕн, хатĕрленмелле,—тет вăл.

И. МИНИН.

## Нумай ачаллă колхозник çемйинче

Çавал таврашĕ. Хĕл. Кăçал кунта юр нумай тултарчĕ. Çанталăкĕ те сивĕтрĕ. Анчах Федор Андреевичăн виçĕмсул кăна тунă çĕнĕ пӳртĕнче ăшă. Вăл çапла пулмалла та. Килхуçи хăй платник тата столяр вĕт-ха. Пӳрте вăл, паллах, хăйĕн хăнăхнă аллисемпе çепĕçлесе тунă. Кăçал, акă, çемье килхуçи столяр пулса ĕçлеме пуçăннăранпа 30 çул тултарнине паллă тунă. Колхозри мĕнпур общественнăлла çуртсен кантăк рамисемпе алăксене пĕтĕмпех вăл тунă ĕнтĕ.

...Андреевăн аслă ывăлĕ, колхозри паллă шофер Николай Федоров пӳрте кĕнĕ-кĕменех «Москвич» радиоприемник патне пычĕ.

— Тепĕр 2—3 минутран ялхуçалăх ĕçченĕсем ытнипе Мускавран чаплă концерт параççĕ,—пĕлтерчĕ вăл амăшне. Амăшĕ çĕвĕ машинин умĕнче ачасем валли кĕпесем çĕлесе ларатчĕ.

Елена Тимофеевнăн ачасем сахал мар: виçĕ ывăл та пилĕк хĕр. Вĕсем валли çĕлемеллĕх пур.

Ашшĕсĕр пуçне пурте пухăнса çитнĕ. Улттăмĕш класра вĕренекен Нинăпа пиллĕкмĕш класра вĕренекен Катя та выльăхсене апат парса кĕчĕç.

Вĕсен амăшĕ Елена Тимофеевна каçхи апат хатĕрлеме тытăнчĕ. Тулăх пурăнать Андреевсен çемйи. Çимелли-ĕçмелли сĕтел тулли. Çулсеренех çемье пин ĕçкунĕнчен ирттерет. Малтанхи авансра илнĕ укçапа Федор Андреевич çĕнĕ койкăсем туяннă, ачасене пальтосем илсе панă, государство умĕнче укçа-тенкĕ парăмĕсене тӳлесе татнă.

Акă, килхуçи те çитрĕ. Ватă сăн тахçанах кĕнĕ пулин те, паян вăл темле çамрăкрах, савăнăçлăрах курăнать. Пирĕн туйăм йăнăш пулмарĕ. Вăл чăн та ырă хыпар пĕлтерчĕ:

— Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ тăрăх,—терĕ Андреев юлташ,—Сире, Елена Тимофеевна, сакăр ача çуратса пăхса ӳстернĕшĕн «Ача амăшĕн мухтавĕ» орден памалла тунă.

Çак хыпара çемье членĕсем пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç, амăшне пĕрин хыççăн теприн саламлама тытăнчĕç.

— Ку савăнăçăн пуçламăшĕ кăна-ха, —калаçăва малалла тăсрĕ килхуçи.—Награда илнисене орденсемпе медальсем пама яла райисполком представителĕ килнĕ. Вăл пирĕн пата кĕрсе куратăп, терĕ. Сире, Елена Тимофеевна, киле килсех саламласшăн.

...Часах хăнасем—тăвансемпе кӳршĕсем, колхоз руководителĕсем пухăнма тытăнчĕç. Район Совет исполком председателĕн заместителĕ П. Кузьмин юлташ пухăннисене Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ «Волга» колхозри нумай ачаллă амăшсене орденсемпе медальсем парса наградăласси çинчен йышăннă Указа вуласа пачĕ. Унтан вăл Е. Тимофеева юлташа орден пачĕ, парне илнĕ ятпа ăшшăн саламларĕ. Нумай ача амăшне чыс тума пухăннă хăнасем те пĕрин хыççăн тепри алă парса саламларĕç.

— Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пирĕншĕн, ача амăшĕсемшĕн, куллен тăрăшаççĕ. Эпĕ, акă, государствăран уйăхсерен пособи илсе тăратăп,—терĕ хумханнă сасăпа Елена Тимофеевна.

Сăмах нумай ача ашшĕ илет. Вăл та ачасемшĕн тăрăшнăшăн Совет влаçне чĕререн тав тăвать.

— Эпĕ Отечественнăй Аслă вăрçăра Тăван çĕршывшăн, çемьешĕн тата ачасен телейĕшĕн çапăçса хăрах урана çухатрăм, инвалида тăрса юлтăм. Революциччен пулсан, ман пек çынсем вы́çах вилмелле. Халĕ, акă, Совет влаçĕпе тăван колхоза пула эпĕ те ыттисемпе танах.

Çемье членĕсем пире хăйсен çĕнĕ ĕмĕчĕсемпе паллаштараççĕ. Пĕр ĕмĕт-кăмăл çунатлантарать вĕсене—Тăван çĕршывшăн усăллă пуласси.

Н. ОРЛОВ.

## Минераллă удобренисем туянаççĕ

Ялхуçалăх снабженин Канашри кантурĕ иртнĕ çулталăк хушшинче колхозсене сур миллион тенкĕлĕх минераллă удобренисемпе ядохимикатсем сутрĕ. Тăваттăмĕш кварталта кăна колхозсем 1.675 тонна минераллă удобрени туяннă. Çак çулхи пĕрремĕш кварталта 1.200 тонна удобрени кӳрсе килеççĕ.

Çак кунсенче Чурачăк районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз 60 тонна кали тăварĕ, Тăвай районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз—60 тонна, Ленин ячĕпе тăракан колхоз—30 тонна фосфор çăнăхĕ, Комсомольски районĕнчи «За коммунизм» колхоз 85 тонна кали тăварĕ туянчĕç.

Ялхуçалăх снабженин кантурĕ чугун çул çывăхĕнчи колхозсене минераллă удобренисене вагонсемпе ярса парассине организациленĕ.

В. ЧЕРНОВ.

## Аслă шкулпа колхоз хушшинчи туслăх

Çак кунсенче ялхуçалăх институтĕнчи преподавательсемпе студентсем Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Социализмла Ĕç Геройĕ В. В. Зайцев тата çав колхозри агроном Е. И. Васильева юлташсемпе тĕл пулчĕç.

Колхоз председателĕ В. Зайцев юлташ колхоз тырпул тухăçлăхне ӳстерсе пыни тата общественăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатни çинчен каласа пачĕ. Вăл студентсене колхозăн 1955—1960 çулсем хушшинчи малашлăх планĕпе паллаштарчĕ. Васильева юлташ колхозри ялхуçалăх специалисчĕсен ролĕ çинчен каласа пачĕ.

Ворошилов ячĕпе тăракан колхоза ялхуçалăх институчĕн сотрудникĕсемпе преподавателĕсем пысăк пулăшу параççĕ. Акă, Н. А. Черноруков доцент фермăсенче выльăх апачĕ хатĕрлемелли механизмсем вырнаçтарса лартма пулăшнă. Институтри преподавательсемпе профессорсем çĕрĕç культурине хăпартас тĕлĕшпе паха сĕнӳсем панă.

Институтри чылай студентсем хăйсен практика вăхăтне Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра ирттереççĕ.

А. ЯДРИНЦЕВ.

Укерчĕк çинче: «Легпромстройăн» 11-мĕш номерлĕ трестĕнче бетон тăвакан цехра ĕçлекен мотористка Е. Н. Васильева. Вăл нормăна куллене ирттерсе тултарать.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

## Бетон хатĕрлекен цех уçнă

«Легпромстройăн» 11-мĕш трестĕ бетон хатĕрлекен цех валли пысăк та çутă çурт туса лартрĕ. Цехра механизмсем чылай. Цехра пысăк бетономешалка лартнă. Унта пĕр харăс шыв, хăйăр, цемент 250 литр вырнаçтарма пулать. Тĕрлĕ материалсене бункера башеннăй кранпа тултараççĕ. Цехра пурĕ 8 камера. Икĕ камеринче пĕчĕк плитасем, ыттисенче блоксемпе пысăк плитасем тăваççĕ. Плитасемпе блоксене мостовой кранпа тиеççĕ тата пушатаççĕ. Механизмсемпе усă курни пирĕн ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерчĕ, материалсен пахалăхĕ лайăхланчĕ.

А. ЕГОРОВ.
Бетонщик.

## *Пĕлтерни*

Январĕн 18-мĕшĕнче, каçхине 8 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче (Урицкий урамĕ) политикăлла экономие (иккĕмĕш цикл тăрăх) вĕренекенсем валли лекци пулать. Лекци теми: «Таварлă производство. Социализмра хаклăх законĕ тата укçа-тенкĕ».

Лекторĕ В. В. Гордеев юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРЕНЧЕ январĕн 18—19-мĕшĕсенче чăвашла çĕнĕ спектакль «Мещенсем», январĕн 20-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Кай, кай Ивана» кăтартаççĕ. Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### КИНО

«РОДИНА». Январĕн 18-мĕшĕнче 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче «Максим Перепелица», 16, 18.15, 20, 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче Польшăра кăларнă çĕнĕ илемлĕ киноповесть «Часы надежды» кăтартаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01230 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37,000 экз.